*Пӗтӗм тӗнчери пролетарисем, пӗрлешӗр!*

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

КПСС Чӑваш обкомӗпе Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн тата Министрсен Совечӗн органӗ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 24 (20157) • Вырсарникун, 1990 ҫулхи январӗн 28-мӗшӗ • Хаҫат 1918 ҫулхи февральтенпе тухать • Хакӗ 3 пус

## ӐСТАСЕМ



ПАТӐРЬЕЛ районӗнчи сысна ӗрчетекен «Южное» предприяти коллективӗ пӗлтӗр государствӑна 10.700 центнер ытла аш-какай хатӗрлесе панӑ.

— Тӳрех калас пулсан, ҫӑмӑл пулмарӗ иртнӗ ҫул, — тет А. А. Скворцов бригадир. — Ҫапах коллектив хӑй умне лартнӑ задачӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫларӗ.

Предприятире ӑста операторсем вуншарӑн. Акӑ, Галина Уткина, Валентина Мазякова кашни тӗп амаран ҫулталӑкра 25—24 ҫура илеҫҫӗ. Галина Гнидина, Елена Каргина, Елена Рыбкина операторсем самӑртакан сыснасем талӑкра 450—500 грамм ӳт хушаҫҫӗ.

● О. Углева, Л. Миллина, Г. Гнидина операторсем.

С. ИГНАТЬЕВ фотоӳкерчӗкӗ.

## ХУЛА ХӐТЛӐХӖШӖН

«Чувашстрой» территори строительство пӗрлешӗвӗн пӗрремӗш стройтресчӗ халӗ промышленность объекчӗсем лартас енӗпе ытларах ӗҫлеҫ. Юлашки ҫулсенче кунти строительсене хулари социаллӑ пурнӑҫпа йӑла объекчӗсене туна ҫӗрте нумайрах куратпӑр.

Иккӗмӗш строительство управленийӗнчи Л. Павлова бригади иртнӗ ҫул вӗҫӗнче Шупашкарта 200 пин тенкӗ яхӑн строительствӑпа монтаж ӗҫӗсене пурнӑҫларӗ.

— Аста строительсем, — тет вӗсем ҫинчен аслӑ прораб Н. Н. Димитриев. — Манӑн уйрӑмах Валерий Павлович Величанские палӑртас килет — кирпӗч те купалать вӑл, платник те, столяр та, ҫурт ҫийне витнӗ ҫӗрте те маттур.

Бригадӑн кӑҫалхи тӗллевӗсем те пысӑк. Халӗ вӑл Шупашкар заливӗ хӗрринче ҫумӑр шывне пухса тасатакан тата хӑйӑр тытса сооруженисем тӑвать. 170 пин тенкӗлӗх ӗҫсен 96 пинне Павлова бригади пурнӑҫламалла. Таса мар шывсене пухакан ытти сооруженисем туна ҫӗрте те 230 пин тенкӗне яхӑн строительствӑпа монтаж ӗҫӗсем тумалла. Ун хыҫҫӑн вара Ленинла комсомол урамӗнче троллейбус линийӗ валли бетон юпасем лартмалла — ноябрьте кунта ҫӗнӗ маршрут уҫӑлӗ.

И. АРСЕНТЬЕВ.

ТЕМИҪЕ ҪУЛ каялла пулса иртнӗ ӗҫ аса килет. Ун чухне Шупашкарти пӗр завода Италири фирма представителӗсем килсе ҫитнӗччӗ. Самолетран аннӑ та, вӑхӑта усӑсӑр ҫухатас темен, тӳрех предприятие ҫул тытнӑ. Хӑйсем ярса панӑ хаклӑ йышши оборудовани: роторлӑ линисем, шутлав программиллӗ станоксем мӗнле ӗҫленипе хавӑртрах паллашас шутпа ӗнтӗ. Хапхаран тусах кӗтсе илеҫҫе вӗсене завода, инҫетри хӑнасене цехсем кӑтартса ҫӳреҫҫӗ; кунашкал делегацисене пӗрре мар йышӑннӑ, хӑнӑхнӑ. Улӑп-заводӑн цехӗ витӗр иртнӗ самантра пӗр итальянецӗ кӗтмен-туман ҫӗртен пачах ҫухалать. Ушкӑнран татӑлса юлнӑ юлташне хыпӑнса ӳксех шырама пикенеҫҫӗ. Кӑлӑхах пӑшӑрханнӑ иккен. Вӑл кунтах, ҫӗтсе кайман. Цех пуҫӗнче купаланса выртакан оборудовани ҫине маччаран шыв тумланнине асӑрханӑ та, чунӗ чӑтайман — ҫавӑнта чупса кайнӑ, таҫтан клеенка тупса станока витсе хунӑ. Шутласан, ним тӗлӗнмелли те ҫук пек кунта. Ырӑ ӗҫ тунӑ кӑна. Анчах ютран килнисем кашни шӑтӑк-ҫурӑка питӗрме тытӑнсан, чикӗ леш енче валютӑпа туяннӑ оборудовани ҫапла тӗссӗрленсе-тутӑхса выртнине курсан, нивушлӗ намӑс мар пире. Ҫав усӑсӑр ларакан ҫӗнӗ станоксемпе юнашар чунсӑр роботсем мар, ҫынсемех ӗҫлеҫҫӗ...

«объективлӑ» сӑлтавӗсем вара пайтах иккен: складсем ҫук, ӗҫ вайӗ ҫитмест тата ыт. те. Хуҫалӑх руководителӗсене ҫӳлти органсене чӗнсе илсе ячӗшӗн тенӗ пек питне хӗретеҫҫӗ, выговор параҫҫӗ, е пӗр уйӑхри ӗҫ укҫине тытса юлмалла тӑваҫҫӗ. Ҫавӑнпа ӗҫӗ пӗтнӗ. Енчен те колхоз е предприяти плана тултараймасан, пуҫланать вара шӑв-шав. Чӑт та тӳс! Кунта Д. Лихачев академик сӑмахӗсене илсе кӑтартни вырӑнлӑ тесе шутлатӑп: «Культурӑсӑрлӑх нравственность пахалӑхӗсене ҫухатасси патне илсе пырать. Нравственноҫсӑр обществӑра экономика саккунӗсем ӗҫлемеҫҫӗ».

Асӑрхарӑр пулӗ, юлашки вӑхӑтра тӳрӗ кӑмӑллӑ ӗҫ пӗлтерӗшӗ чакни, производствӑра ырӑ тӗслӗх кӑтартакансене хисепе хуманни ҫинчен ытларах та ытларах калаҫатпӑр, хӗрсе кайса тавлашатпӑр. Чӑнах та, кулӑшла пулса тухать. «Ҫирӗм ҫул хушши таса совӗҫпе ӗҫлесе мӗнле мул пухрӑн», — тесе ыйтать пӗри юлташӗнчен. Лешӗ кӗпе-тумтир шкафне уҫать те, ҫекӗлсем ҫине шӑкӑрин ҫакса тултарнӑ вымпелсем, темиҫе альбом тумалӑх пухӑннӑ Хисеп грамотисем уҫса кӑтартать. Паллах, вӑй-хӑлне шеллемесӗр ӗҫлекен, перекетлӗ те тирпейлӗ рабочие мораль тӗлӗшӗнчен...

*Пӗрле калаҫар-ха*

## ХУҪАСӐРЛӐХ

шар чунсӑр роботсем мар, ҫынсемех ӗҫлеҫҫӗ-тӗр, станоксене йӗркеллӗ витме вара нихӑшӗ те ӑс ҫитереймен. Хваттертри маччаран шыв антӑр-ха, тӳрех шӑв-шав ҫӗклетпӗр, кунта, заводра, тутӑхса-ҫӗрсе юрӑхсӑра тухаканни хамӑрӑн мар, патшалӑхӑн, имӗш.

Пӗлетӗп, хӑшпӗрисем тӳрех ӳпкелешӗҫ: «Хӗвеланӑҫ, Хӗвеланӑҫ. Каллех ҫав юрӑ. Вӗсенчен тӗслӗх илни йӑлӑхтарчӗ ӗнтӗ. Хамӑрӑн та усӑлли, вӗренмелли пайтах...» Ҫапли ҫаплах пуль-ха, урлӑ выртакана тӑрӑх илсе хуракансем курӑнсах каймаҫҫӗ-ҫке пирӗн.

Юлашки ҫулсенче экономикӑри усӑсӑр тӑкаксене пӗтертӗмӗр-и, урӑх ҫӗршывра туяннӑ, анчах вырнаҫтармасӑрах юрӑхсӑра [illegible] ларнӑ ҫӗнӗ оборудовани хисепне чакартӑмӑр-и? Ак, Чӑваш АССР Статистика управленийӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫак пилӗкҫуллӑхра вырнаҫтарман оборудовани хисепӗ нихӑш ҫул та 80 миллион тенкӗрен чакман. Пӗлтӗрхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне вӑл 101 миллион тенкӗпе (ку виҫӗмҫулхинчен 24 процент нумайрах) танлашнӑ. «Шупашкарти промышленность тракторӗсен завочӗ» производство пӗрлешӗвӗнче — 28, «Химпром» пӗрлешӳре — 13,4, Шупашкар ГЭСӗнче — 0,6, электроаппаратура заводӗнче — 3,6, «Электроприбор» пӗрлешӳре 0,7 миллион тенкӗлӗх оборудовани пухӑнса кайнӑ.

Статистика пурне те пӗлет, теҫҫӗ. Ҫапах та [illegible]

хавхалантарни пӑсӑк япала мар ӗнтӗ. Ҫав вӑхӑтрах ӗҫне, квалификацине кура тӳлемен, производствӑра «пӗрпеклӗх» текен принцип ҫине таянса «никама та кӳрентерменнин» тӳнтер енӗсем палӑрчӗҫ, вӗсем лайӑх пахалӑхлӑ ӗҫӗн ячӗ-сумне палӑрмаллах чакарчӗҫ. Кунта ертсе пырас ӗҫри администрацие команда меслечӗсем экономикӑра халӗ те пуҫ пулса тӑнине шута илмелле. Хӑйтӗллӗнлӗхшӗн кӗрешекен коллективсем умне бюрократи ӑпарачӗ чӑрмав ҫине чӑрмав кӑларса тӑратать.

Шупашкарти трактор завочӗн преспа сварка производствинчи Валерий Ильин коммунист бригадин ӗҫӗ-хӗлӗпе паллашма тӳр килнӗччӗ. Усӑсӑр тӑкаксене чакарас, оборудова- [illegible]

*Суйлав умӗн*

## ПРОФСОЮЗ СӖННӖ

[illegible] Шупашкарта. Союзсен ҫурчӗн Пӗчӗк залӗнче, РСФСР тата Чӑваш АССР халӑх депутачӗ пулма республикӑри профсоюз органӗсемпе организацийӗсенчен тӑратнӑ кандидатсемпе тӗлпулу иртгерӗ. Ана, сӑмах каласа, облпрофсовет председателӗ В. П. Петин уҫрӗ.

Унтан Чӑваш АССР халӑх депутатне суйлама тӑратнӑ кандидат, Шупашкарти пирвӑй комбиначӗн генеральнӑй директорӗ В. А. Капитонов [illegible]

[illegible] панӑ, суйлав умӗнхи платформипе паллаштарнӑ.

— Ҫӑмӑл мар паян ял ҫыннисен пурнӑҫӗ, — тенӗ РСФСР Верховнӑй Совечӗн депутатне суйлама тӑратнӑ кандидат Патӑрьел районӗнчи «Гвардеец» колхозри сӗтсу фермин заведующийӗ А. В. Салмина. — Ӗҫ укҫи пӗчӗк, коммуналлӑ, йӑла пулӑшӑвӗсемпе усӑ кураймастпӑр. Хула ҫыннисене укса тӳлемесӗр [illegible]

[illegible] сене пӗтерес тӗллевпе государствӑн аслӑ органӗсенче хресченсен представителӗсемсӗр урах никамах та ыйтӑва ҫивӗччӗн лартас ҫук. Анчах та кандидатсем хушшинче вӗсем питӗ сахал. Ҫакна тӗрӗс мар тесе шутлатӑп.

РСФСР халӑх депутачӗ пулма тӑратнӑ тепӗр кандидат — Вӑрмар районӗнчи «Путь Ильича» колхоз председателӗ Н. М. Михайлов та ял ҫыннин нуши-терчӗсем ҫинче чарӑнса тӑнӑ. [illegible]

лех. Унсӑрӑн нипле те малалла каяймӑпӑр эпир.

Чӑваш АССР халӑх депутатне суйланма баллотировкӑна тӑнӑ Н. С. Степанов — Шупашкарти автомобиль юсакан заводри наладчиксен бригадирӗ — хӑйӗн сӑмахӗнче ҫӗршывра государство влаҫне демократиле уҫӑмлӑх никӗсӗ ҫинче йӗркелемелли механизм кирлине, унӑн структурине сӗнетсе лайӑхлатма пурнӑҫ хушнине палӑртнӑ.

Тӗлпулура ҫавӑн пекех Чӑваш АССР халӑх депутатне суйлама профсоюз организацийӗсенчен кандидата тӑрат- [illegible]

## ТИВӖҪЛӖ ПУЛӐШУ

[illegible] Красноармейски райкомӗ ҫумӗнче «Суйлав-90» политикӑлла клуб ӗҫлет. Унӑн тӗллевӗ — районти партипе совет активне РСФСР, Чӑваш АССР тата вырӑнти Советсен халӑх депутачӗсен суйлавне ӑнӑҫлӑ ирттерме, халӑх депутачӗсем пулма тӑратнӑ кандидатсене суйлав умӗнхи тапхӑрта тивӗҫлӗ пулӑшу парасси.

Асӑннӑ клубӑн пӗрремӗш занятийӗнче халӑх депутачӗсем пулма тӑратнӑ кандидатсем СССР халӑх [illegible]

А. А. Скворцов бригадир. — Çапах коллектив хай умне партин задачине ăнăçлă пурнăçларĕ. Предприятире ăста операторсем вуншарăн. Акă,

С. ИГНАТЬЕВ фотоÿкерчĕкĕ.

Уçалĕ.

И. АРСЕНТЬЕВ.

*Суйлав умĕн*

# ПРОФСОЮЗ СĔННĔ

Январĕн 26-мĕшĕнче Шупашкарта, Союзсен çуртĕн Пĕчĕк залĕнче, РСФСР тата Чăваш АССР халăх депутачĕ пулма республикăри профсоюз органĕсемпе организацийĕсенчен тăратнă кандидатсемпе тĕлпулу иртерчĕ. Ăна, сăмах каласа, облпрофсовет председателĕ В. П. Цетин уçнă.

Унтан Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидат, Шупашкарти пиравăр комбиначĕн генеральнăй директорĕ В. А Капитонов сăмах илчĕ. КПСС Центральнăй Комитетĕнче рабочисен, колхозниксен тата инженерсемпе техниксен представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ (унăн ĕçне вăл хăй те хутшăннă) çинчен каласа панă, суйлав умĕнхи платформипе паллаштарнă.

— Çамăл мар паян ял çыннисен пурнăçĕ, — терĕ РСФСР Верховнăй Совечне депутата суйлама тăратнă кандидат Патăръел районĕнчи «Гвардеец» колхозри сĕтçу фермин заведующийĕ А. В. Салмина. — Еç укçи пĕчĕк, коммуналлă, пăла пулăшăвĕсемпе усă кураймастпăр. Хула çыннисене укçа тÿлемесĕр алла хваттер уççи тыттараççĕ. Ялта вара колхозниксем хăйсен укçипе те çурт-йĕр лартаймасççĕ. Строительство материалĕсен хакĕ ÿссех пырать, çитменнине ăна тупса илме те çук. Çакăн пек йĕркесĕрлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе государствăн аслă органĕсенче хресченсен представителĕсемсĕр урăх никамах та ыйтăва сивĕччĕн лартас çук. Анчах та кандидатсем хушшинче вĕсем питĕ сахал. Çакна тĕрĕс мар тесе шутлатăп.

РСФСР халăх депутачĕ пулма тăратнă тепĕр кандидат — Вăрмар районĕнчи «Путь Ильича» колхоз председателĕ И. М Михайлов та ял çынин нуши-терчĕсем çинче чарăнса тăнă.

— Депутата суйлаççĕ-и е суйламаççĕ-и, татса калама йывăр. Анчах та эпĕ хамăн суйлав умĕнхи программăра палăртнине пурнăçа кĕртессишĕн мандатсăр та кĕрешĕп. Çĕршывра йĕрке, хуçа кирлех. Унсăрăн инепле те малалла каяймăпăр эпир.

Чăваш АССР халăх депутатне суйлама баллотировкăна тăна Н. С. Степанов — Шупашкарти автомобиль юсакан заводри наладчиксен бригадирĕ — хăйĕн сăмахĕнче çĕршывра государство влаçне демократипе уççăнлăх никĕсĕ çинче йĕркелемелли механизм кирлине, унăн структурине çĕнетсе лайăхлатма пурнăç хушнине палăртнă.

Тĕлпулура çавăн пекех Чăваш АССР халăх депутатне суйлама профсоюз организацийĕсенчен кандидата тăратнă юлташсем — республика прокурорĕ Е. П. Жучков, И. Н Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн студенчĕ Э. В. Якутов тухса каланă.

К. ПОРТНОВ.

## ТИВĔÇЛĔ ПУЛĂШУ

«Красноармейски» райкомĕ çумĕнче «Суйлав-90» политикăлла клуб еçлет. Унăн тĕллевĕ — районти партипе совет активне РСФСР, Чăваш АССР тата выранти Советсен халăх депутачĕсен суйлавне ăнăçлă иттерме, халăх депутачĕсем пулма тăратнă кандидатсене суйлав умĕнхи тапхăрта тивĕçлĕ пулăшу парасси.

Асăннă клубăн пĕрремĕш занятийĕнче халăх депутачĕсем пулма тăратнă кандидатсем СССР халăх депутачĕсемпе — Çĕмĕрле районĕнчи «Комбинат» тата Вăрмар районĕнчи «Мусирминский» совхозсен директорĕсемпе В. Григорьевпа тата В. Фоминпа тĕл пулчĕç.

И. ПРОКОПЬЕВ.

«Хĕвеланăç, Хĕвеланăç. Каллех çав юрă. Вĕсенчен тĕслĕх илни йăлăхтарчĕ ентĕ. Хамăрăн та усăлли, вĕренмелли пайтах...» Çапли çаплах пуль-ха, урлă выртакана тăрăх илсе хуракансем курăнсах каймаççĕ-çке пирĕн.

Юлашки çулсенче экономикăри усăсăр тăкаксене пĕтертĕмĕр-и, урăх çĕршывра туянă, анчах вырнаçтарман... çĕнĕ оборудовани хисепне чакартăмăр-и? Акă, Чăваш АССР Статистика управленийĕ пĕлтернĕ тăрăх, çак пилĕкçуллăхра вырнаçтарман оборудовани хисепĕ нихăш çул та 80 миллион тенкĕрен чакман. Пĕлтĕрхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне вăл 101 миллион тенкĕпе (ку висĕмçулхинчен 24 процент нумайрах) танлашнă. «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнче — 28, «Химпром» пĕрлешÿре — 13,4, Шупашкар ГЭСĕнче — 0,6, электроаппаратура заводĕнче — 3,6, «Электроприбор» пĕрлешÿре 0,7 миллион тенкĕлĕх оборудовани пухăнса кайнă.

Статистика пурне те пĕлет, теççĕ. Çапах та вăл пирĕн ĕç культури мĕнле шайра пулнине тĕпĕ-йĕрĕпех каласа параймĕ. Цифрăсем кăна — шухăшла, танлаштар. Çав цифрăсем хыçĕнче вара япанах пĕр-пĕр çын е руководитель тарать. Тĕрĕсрех каласан, производство участокне шанса панă; унта йĕрке тума тивĕçлĕ этем. Кулленхи пурнăçра вара пачах расна ÿкерчĕк куратпăр: кашни утăмрах йĕркесĕрлĕх, хуçасăрлăх. Тĕслĕх-и? Тархасшăн. Пирĕн штатра тăман корреспондент Е. Захаров редакцие фотоÿкерчĕк ярса панăччĕ. Вăрнар районĕнчи «Мир» совхозри сысна ферминчи апат валеçмелли агрегата ÿкерсе илнĕ вăл. Выльăх пахакансен ĕçне çăмăллатас шутпа туяннă çав оборудовани. Анчах унтанпа 4—5 çул иртнĕ пулин те, пĕр пуслăх та усă паман вăл. Юлашкинчен ăна, тутах чирĕ ернĕскере, вите пуçне каларса ыватнă. Миçе пин тенкĕ тăрать-ши корморазадатчик — кăна татса калаймастпăр. Еçĕ урăххинче: пурлăх ресурсĕсемпе техника хатĕрĕссене перекетлĕ тытассине хаклами пултăмар. Шăпах çавăн пек вактĕвекрен пуçланаççĕ ĕнтĕ пысăк такаксем. Фотоÿкерчĕк пичетленсе тухсапах редакцие тĕрлĕ çырусемпе фотоÿкерчĕксем килме пуçларĕç. «Сирĕн хаçатра пĕлтĕрхи октябрĕн 28-мĕшĕнче пичетленнĕ «Иртерех савăннă» материалпа фотоÿкерчĕке куртăм та, ара, ку Тавай районĕнчи «Советская Россия» колхозăн ферми мар-ши, тесе шухăшларăм. Унта та апат валаçмелли агрегат темиçе çул усăсăр ларать. Ĕненмесен, килсе курăр», — çырать Тăвайĕнчен А. Михайлов. Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи рабочисем хатĕр продукцие тирпейсĕр упрани пирки пăшăрханса пĕлтереççĕ. М. Воробьев фотокорреспондент Шупашкарти Мухтав монуменчĕ умĕнчи çар техникине ÿкерсе килчĕ. Унта вырнаçтарнă вертолет кунта хăй тĕллĕн вĕçсе килнине ĕненес те килмест: халĕ ăна юлашки шуруп юлмиччен тăпăлтарнă, çĕмĕрнĕ. Танк, тупă çине килĕшÿсĕр сăмахсем çырса тултарнă. Кунта çар техникин музейне йĕркелес тесе лайăх шухăш тытнăччĕ ВЛКСМ обкомĕпе Çарĕç комиссариачĕ. Халĕ, ав, кÿрсе килнĕ çар машинисем çинчен аса илекен те çук. Никама та кирлĕ мар вĕсем.

ПРЕДПРИЯТИ пиншер тенкĕлĕх оборудовани юрăхсăра кăларнă е колхоз уйĕнчи вуншар гектар кăшман уйĕ юр айне пулнă, тейĕпĕр. Кам ответ тытать çак çухатусемшĕн? Кам тăкаксене хăйĕн кĕсйинчен укçапа саплаштарать? Чылай чухне айăпли тупăнмасть, пурин ертсе пырас ĕçри администрацие команда меслечĕсем экономикăра халĕ те пуç пулса тăнине шута илмелле. Хăйтĕллĕйлĕхшĕ кĕрешекен коллективсем умне бюрократи аппарачĕ чăрмав çине чăрмав кăларса тăратать.

Шупашкарти трактор завочĕн пресса сварка производствинчи Валерий Ильин коммунист бригадин ĕç-хĕлĕпе паллашма тĕр килчĕ. ... тухаçларах ĕçлеттерес тĕллевпе аренда çине куçма шут тытнă вĕсем. Ун чухне участокăн чăн-чăн хуçи пулса тăраççĕ, пĕтĕм ĕçе хăйсем йĕркелесе пыраççĕ. Александр Балабанов электросварщик, Юрий Алексеев, Константин Доронин токарьсем бригадирпа пĕрле канашланă, çĕнĕ йĕркен экономика уйрăмлăхĕсене виççе-шутласа пăхнă. Çичĕ çын тăвакан ĕçе пиллĕкĕн пурнăçлама май пур иккен. Квалификаци çителĕклĕ, кашниех иккĕ-виçĕ тĕрлĕ станокпа ĕçлеме пĕлет. Тÿррипе каласан, çурма хăватпа ĕçлени, эрни-эрнипе ĕçсĕр ларни йăлăхтарса çитернĕ рабочисене. Вĕсен ырă пуçарăвне ырласа кĕтсе илнĕ тетĕр-и? Çук çав. «Сирĕн бригадăн уйăхра 1.400 норма-сехет чухлĕ ĕç пурнăçламалла, ĕç укçин фончĕ 1.550 тенкĕ. Урăх хуша параймастпăр, инструкцире ун пирки нимĕн те каламан», — акă епле «ырă сунса» ăсатнă вĕсене производствăна ертсе пыракансем. Кăна епле ăнланмалла-ха? Кирлĕ-кирлĕ мар çĕре сăмсуна ан чикĕр, ĕçе мĕнле йĕркелемеллине, уншăн мĕн чухлĕ тÿлемеллине хамăрах аван пĕлетпĕр, тенĕ ĕнтĕ портфель хĕстерсе çÿрекенсем. Ун йышшисене пĕччен-иккĕн тавлашса çĕнтерейĕмĕн. Çавăн пек пăтăрмахсем хыççăн «Рабочи — производство хуçи» тесе çырнă лозунг пачах урăхла шухăшсем çуратать. Производствăра чăн-чăн хуçа пулса тăнă çын пуçлăхсен пÿлĕмĕсене шаккаса çÿремеччĕ хăйĕн ĕç вырăнĕнче никам ÿкĕтлемесĕр-асăрхаттармасăрах йĕрке тăвĕччĕ.

Акă, сăмахран, «Чувашмебель» ассоциацине кĕрекен Вăрмарти сĕтел-пукан фабрикинче ĕçлекен Галина Муленкова полировщицăна итлесе пăхар-ха. «Аренда йĕрки çине куçиччен мĕн пачĕ-ха пире? — тет вăл. Çынсенче харпăрлăх туйăмĕ çуралчĕ, ăнлануллăх, ответлăх ÿсрĕ. Унччен оборудовани усă çĕрте тутăхсаларни, станоксем çу юхтарни пирки ытлах хумхантарман. Халĕ вара ун пек йĕркесĕрлĕхе çынсем алă сулса ирттерсе ямаççĕ. Хуçасăрла хăтланни кайран хамăр кĕсьери укçана кăларттарать-çке. Кун пек чухне кашни пуса шутлаттарать».

М. С. ГОРБАЧЕВ юлташ Литвари ĕççыннисемпе тĕл пулнă чухне çапла каланăччĕ: «Эпир çакна ăнланса илтĕмĕр: пире экономикăри таран реформа, харпăрлăх ыйтăвĕ çине пăхнин реформи кирлĕ. Çак ĕçе пуçăнтăмăр та, çав процесa чарса тăракан вăйсем пурри палăрчĕ. Вăл — командăпа администраци системи. Хăватлă система. Вăл пĕтĕм обществăна тимĕр сăнчăрлă алăсемпе ярса илнĕ. Эпир çакăн пек пĕтĕмлетÿ патне пырса тухрăмăр: енчен те çав системăна аркатмасан, пур енĕпе те малалла каясси пулмĕ».

Вячеслав ГРИГОРЬЕВ.

# КПСС обкомĕн организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн комиссийĕнче

**КПСС обкомĕн организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн ыйтăвĕсемпе ĕçлекен комиссийĕн черетлĕ ларăвне иртгернĕ. Ларăва парти обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров председатель пулса ертсе пынă. Комисси область парторганизацийĕ кадрсен ĕçĕнчи çĕнетĕве тарăнлатмалли тĕп çул-йĕрсене пăхса тухнă.**

Лару умĕн КПСС обкомĕнче, хула тата район парторганизацийĕсенче кадрсемпе мĕнле ĕçленине тишкерĕнĕ, пуçламăш парторганизацисем тата партире тăманнисем çак ыйтусемпе пĕлтернĕ шухăшсемпе сĕнÿсене, ытти облаçсенчи парторганизацисен опытне пĕтĕмлетнĕ. Комисси çапла шутлать: кадрсем енĕпе ĕçлессине икĕ майпа çĕнетсе пымалла. Пĕрремĕшĕнчен, кадрсем енĕпе ĕçлессине центртан йĕркелесе тăрас йăлана пĕтермелле, кадр ыйтăвĕсем тĕлĕшĕнчи полномочисене партин аслăрах комитечĕсенчен кĕçĕнрех комитечĕсен аллине памалла, кадрсене ĕçе вырнаçтарса тухнă чухне номенклатура меслетĕнчен пăрăнмалла. Иккĕмĕш çул-йĕр — суйлав процесне малалла демократизацилесси. Область парторганизацийĕнче кадрсемпе ĕçлессине çĕнĕлле йĕркелемелли тĕп çул-йĕрсене КПСС обкомĕн бюровĕнче пăхса тухмашкăн тăратма йышăннă.

Комисси КПСС обкомĕ çумĕнчи партипе совет работникĕсен квалификацине ÿстермелли курссем мĕнле ĕçлени тата вĕсен ĕçне малалла лайăхлатасси, партипе совет органĕсен активне вĕрентсе хатĕрлемелли, ун пĕлĕвне ÿстермелли системăна КПСС III пленумĕн кăтартăвĕсемпе килĕшÿллĕн малалла лайăхлатасси çинчен ыйту пăхса тухнă. Ларăва хутшăннисем вĕрентÿ процесне лайăхлатма, занятисен пахалăхĕ тĕлĕшпе требованисене ÿстерме, вĕрентÿре ку чухнехи формăсемпе тата меслетсемпе усă курма, партиллĕ-политикăллă ĕçри малта пыракан опыта тишкерме, анлă сарма кирлине палăртнă. Практикăллă занятисем иртгересси çине тимлĕрех пăхма сĕннĕ. Çак тĕллевпе парти комитечĕсемпе организацийĕсенче тата халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсенчен хăшĕсемпе усă курмаллине палăртмалла. КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсене курссенчи 1989 çулхи вĕренÿ итогĕсене пăхса тухма, çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем йышăнма, штатри кадрсен тата вырансенчи партипе совет органĕсен активĕн вĕренĕвне лайăхлатмалли мерăсен системине палăртса хатĕрлеме сĕннĕ.

1990 çулхи октябрьте КПСС XXVIII съезчĕ пулать. Съезд умĕнхи тапхăрта халăх депутачĕсен республика Совечĕпе вырăнти Совечĕсен çитес суйлавĕ, çавăн пекех экономикăпа политика реформине пурнăçа кĕртессипе, çĕнĕ наци политикине пурнăça кĕртессипе çыхăннă мероприятисем парти организацийĕсен ĕçри пултарулăхĕпе хастарлăхне тĕрĕслесе пăхмалли çирĕп экзамен пулĕç. Партин республикăри мĕнпур организацийĕсемпе комитечĕсен КПСС XXVII съезчĕпе партин Пĕтĕм Союзри XIX конференцийĕн решенийĕсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе хăйсем мĕнле ĕçленине критикăлла пăхса тухмалла, кашни коммунистăн çĕнетÿре мĕнле вырăн йышăнмаллине палăртмалла, партиецсен творчествăлла пĕтĕм вăйне тата организатор пултарулăхне республикăн тата çĕршывăн чи кирлĕ проблемисене татса пама мобилизацилемелле. Партири шалти хутшăнусене, коммунистсен массăсем хушшинчи политикăллă тата организаторла ĕçне çĕнетмелли, обществăри мĕнпур сывă вăйсене çĕнетÿ позицийĕсем çинче пĕтĕçтермелли майсем коллективлă шырамалла. Çакна шута илсе, комисси коммунистсен тата партин пуçламăш организацийĕсен активлăхне ÿстерес тĕлĕшпе сĕнÿсем палăртса хатĕрленĕ.

Ларура комисси 1990 çулхи ĕçĕн планне çирĕплетнĕ.

Комисси ĕçне КПСС райкомĕсен пĕрремĕш секретарĕсенчен чылайăшĕ хутшăннă.

# КПСС Шупашкар хула комитечĕн VII пленумĕ

Кăçалхи январĕн 25—26-мĕшĕсенче КПСС Шупашкар хула комитечĕн VII пленумĕ пулса иртнĕ. Пленума КПСС хула комитечĕн членĕсемпе КПСС хула комитечĕн членĕн кандидачĕсемсĕр, партин хула организацийĕн ревизи комиссийĕн членĕсемсĕр пуçне, пуçламăш парторганизацисен секретарĕсен ушкăнĕ, хулари чылай предприятире тухса тăракан нумай тиражлă хаçатсен редакторĕсем хутшăннă.

Пленумăн кун йĕркине çак ыйтусене кĕртнĕ:

1. КПСС хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ А. А. Леонтьев хулан XXXV партконференцийĕн решенийĕсемпе килĕшÿллĕн хула комитечĕн бюровĕн тата аппарачĕн ĕçне çĕнетсе улăштарасси мĕнле пыни çинчен туса панă отчет.

2. КПСС Центральнăй Комитечĕн 1989 çулхи сентябрьти Пленумĕн, КПССăн «Партин хальхи условисенчи наци политики çинчен» калакан платформин, çак ыйту тăрăх КПСС Чăваш обкомĕн IV пленумĕ йышăнна решенисемпе тата мероприятисемпе килĕшÿллĕн КПСС Шупашкар хула комитечĕн нацисем хушшинчи хутшăнусене лайăхлатса пырас, хулари ĕççыннисене интернационалла воспитани парассине вăйлатас тĕлĕшпе пурнăçламалли ĕçсен программи.

3. КПСС Шупашкар хула комитечĕн 1990 çулхи ĕçĕсен планĕ çинчен.

4. КПСС хула комитечĕн 1988 çулхи XII пленумĕ «Пĕтĕм Союзри XIX партконференцин тата КПСС Центральнăй Комитечĕн 1988 çулхи июльти пленумĕн решенийĕсемпе килĕшÿллĕн халăха апат-çимĕç продукчĕсемпе тивĕçтерес тĕлĕшпе хулари парти организацийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен йышăннă решенисене мĕнле пурнăçласа пыни çинчен.

Докладчик — КПСС хула комитечĕн секретарĕ А. Я. Пукки.

5. Хулан XXXV партконференцийĕнче тата КПСС хула комитечĕн ун хыççăнхи пленумĕсенче тунă критикăлла асăрхаттарусемпе сĕнÿсене мĕнле реализацилесе пыни çинчен КПСС хула комитечĕн бюровĕ пĕлтерни.

6. Организациллĕ ыйту.

Январĕн 25-мĕшĕнче хула комитечĕ комиссисенче малалла ĕçленĕ, 2—5-мĕш ыйтусем тăрăх хатĕрленĕ документсене пăхса тухнă. Организациллĕ-партиллĕ ĕçпе кадрсен ĕçĕн комиссийĕн ĕçне КПСС Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров хутшăннă.

Январĕн 26-мĕшĕнче пленарлă ларура КПСС хула комитечĕ партин хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕн А. А. Леонтьевăн отчетне итлесе сÿтсе явнă, тивĕçлĕ постановлени йышăннă.

Комиссисен ĕçĕн итогĕсем çинчен пĕлтернисене итленĕ, сÿтсе явнă ыйтусем тăрăх постановленисем йышăннă.

Пленум К. Л. Валицкая юлташа, хăй ыйтнипе тата ăна КПСС Чăваш обкомĕн бюровĕн членне суйланă май, КПСС хула комитечĕн бюровĕн членĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

Пленумра КПСС Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров сăмах каланă.

**ЧĂВАШ АССР ЖУРНАЛИСТСЕН СОЮЗĔН XII СЪЕЗЧĔН ДЕЛЕГАЧĔСЕНЕ ПĔЛСЕ ТĂМА**

**Кăçалхи январĕн 30-мĕшĕнче Пичет çурчĕн конференц-залĕнче (Шупашкар хули, И. Яковлев проспекчĕ, 13 çурт, 7-мĕш хут) Чăваш АССР Журналистсен союзĕн XII съезчĕ пулать. Вăл 10 сехетре пуçланать.**

**Делегатсене тата йыхрав хучĕсемпе килнĕ хăнасене 9 сехет те 30 минутран пуçласа регистрацилеççĕ.**

**ЧĂВАШ АССР ЖУРНАЛИСТСЕН СОЮЗĔН ПРАВЛЕНИЙĔ.**

## ЛАРУ-ТАРĂВА ЛАЙĂХЛАТМАЛЛА

Январĕн 26-мĕшĕнче РСФСР Агропромышленность комплексĕн совечĕн ларăвне иртгернĕ. Ларура 1989 çулхи ĕç итогĕсене пăхса тухнă, 1990 çулта ялхуçалăх продукцийĕ тата апат-çимĕç продукчĕсем туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе конкретлă мерăсем палăртса çирĕплетнĕ.

Совет ĕçне КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем Е. С. Строевпа Г. И. Усманов хутшăннă. (ТАСС).

УÇĂ ПУХУ—ДИСКУССИ

ПАРТИ ПАЯН. УНĂН МĔНЛЕ ПУЛМАЛЛА?

# КАЛАÇНИПЕХ АН ЮЛТĂР

Вăтăр пилĕк çула яхăн хаçатра ĕçлесе çакна асăрхарăм: ытлашши нумай калаçатпăр, пурнăçлама май çук ĕçсенех плана кĕртетпĕр, сăмах панă чухне «ур-ра!» кăшкăратпăр, анчах ĕçшĕн çирĕп ыйтмастпăр. Акă, 1987 çулхи августра район центрĕнчи кивĕ масар çинче граждан вăрçипе Аслă Отечественнăй вăрçăра пуç хунисене асăнса мемориал тăвасси çинчен хыпар тухрĕ. Кайран палăк, обелиск, монумент пулать терĕç унта. Çак пуçăрăва Аслă Октябрь уявне, комсомол съездне халаларĕç. Анчах ĕçĕ вырăнтан хускалмарĕ. Пĕлтĕрхи майăн 5-мĕшĕнче район центрĕнчи Культура çуртĕнче çак ыйтăва тепĕр хут хускатрĕç.

Мĕнле улшăну пулчĕ-ха? Пĕлтĕр çав парк пеккинче ĕнесем çўрерĕç, техника кĕрлерĕ. Унта тимĕр-бетон юпасем вăтăра яхăн пырса хунă, хăйăр кўрсе тăкнă. Урăх нимĕн те çук. Çавăн пек ĕçленипе ăçтан-ха руководительсен авторитечĕ пултăр? Вĕсемшĕн вара парти айăплă пулса тухать.

Юлашки вăхăтра хăшпĕр çамрăк руководительсем васăм коммунистсемпе ĕçлеме тă парахрĕç темелле. «Хамăрах пĕлетпĕр», — теççĕ. Кун пек чухне мана яланах Утаркассинчи Надежда Петровна Лукина аса килет. Ун патне «Наставник каласа парать» материал çырма кайнăччĕ.

— Эсĕ пултаруллă наставник тесе, мухтарĕç-мухтарĕç те тивĕçлĕ канăва кайнă ятпа пилĕк пуслăх открытка ярса пама манчĕç курăнать, — терĕ вăл.

Çамрăк чухне Надя Канячкина комсомол райкомĕнче ĕçленĕ. Пенсие кайиччен Мишеркассинчи вăтам шкулта вăй хунă. Ăçта кăна ырламан пулĕ пултаруллă учительницăна! Пропагандистсен районти семинарĕсенче унăн ятне чи малтан асăнатчĕç: «Пултаруллă пропагандист!» Учительсен январьти тата августри канашлăвĕсенче вара: «Чи лайăх учитель!» Çавăн пек çынсене, пенсие кайсан мĕнпур ветерансене виçĕ сăмахпа та пулин саламлама нумай вăхăт кирлĕ мар ĕнтĕ.

Темиçе çул каялла пулни аса килет. Хамăр ялти, Каракçырминчи, Григорий Трофимович Шлехов патне кĕтĕм. Пенсие тухнă ятпа саламлама.

— Эсĕ-и? Кĕр, ирт малалла. Пах-ха, Петр Васильевич хăй аллипе пусса янă, — кăтартрĕ вăл парти райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ саламласа янă открыткăна.

Пĕр сехет хушшинче иккĕ вуçĕ хутчен илсе кăтартрĕ вăл чи хаклă япала вырăнне хуракан хута.

Çакăн пек манăн шухăшсем парти авторитетне ўстерес пирки. Ĕçри пуçарулăха, тирпейлĕхе анлăн сарса пымалла. Пуçарулăх вара пуçлăхран, вăл хăйне пăхăнса тăракансемпе мĕнле ĕçлениччен нумай килет.

П. ГОЛИЦЫН,
СССР Журналистсен союзĕн членĕ, 1956 çултанпа парти членĕ.

# УСТАВРА УЛШĂНУСЕМ КИРЛĔ

Эпĕ КПСС XXVII съезчĕ çирĕплетнĕ Устава хăшпĕр улшăнусем кĕртесси çинчен сăмах хускатасшăн. Уставăн парти членĕ çинчен калакан пайĕнче çакăн пек улшăнусем кĕртме сĕнесшĕн. КПСС ретне кĕрекенсем умне лартакан требованисене татах вăйлатмалла. Вĕсем хушшинче парти политикине тата марксизм-ленинизм теорине начар чухлакан, хăйсен тавранурăмне ўстерме тăрăшман çынсем сахал мар. Çынсене ытларах вĕсен производствăри кăтартăвĕсене курса партие кĕме сĕнеççĕ. Чунчĕрипе вăл КПСС ретне тăма хатĕр-и? Ку ыйту вара яланах иккĕмĕш вырăна юлать.

Партирен кăларас ыйту, паллах, пурне те хумхантарать. Халĕ коммунист пирки мĕнле те пулин уголовнăй ĕç пуçарсанах, эпир ăна КПСС ретĕнчен кăларма васкатпăр, суд умне парти билечĕпе тăрасран шиклететпĕр. Пурте пĕлетпĕр, суд çынна айăплă тесе приговор йышăниччен, ăна айăплă теме çук. Суд решенийĕ вăя кĕриччен коммуниста парти ретĕнчен кăларма тăхтамалла.

Пурнăçра тўрĕ кăмăллă коммунистсене тавăрас шутпа элеклесе айăпланă е айăплама пăхнă тĕслĕхсем сахал мар тĕл пулаççĕ. Çакă та КПСС авторитетне пысăк си-

...йĕркелемелле, тивĕçсĕр ят сараççĕ пулсан, ăна хўтĕлеме тăрăшмалла.

Партин шалти демократийĕ çинчен калас пулсан, кунта демократи тата уççăнлăх принципне ытларах аталантармалла. Хупă пухусем, хупă решенисем сахалтарах пулччăр. Парти организацийĕсен ытларах халăхпа, партире тăманнисемпе ĕçлемелле. Дискуссисем ирттернĕ чухне партире тăманнисен шухăш-кăмăлне, сĕнĕвĕсене шута илни те вырăнлă.

Парти организацийĕсем çинчен калакан пайра та хăшпĕр улшăнусем кирлĕ. Пуçламăш организацисене пысăклатмалла. Унта 5 коммунистран кая ан пултăр. 3 коммунист çеç пулсан, парти группи йĕркелемелле, ăна пуçламăш организаци составне кĕртмелле. Çакă вăйсене перекетлесе ĕçлеме пулăшнă пулĕччĕ.

Партин укçи-тенки пирки темиçе сăмах. Вăл член укçинчен тата издательство тупăшĕсенчен пуханать. Коммунистсен шучĕ тата вĕсен ĕç укçи çуллен ўссе пынă май, член укçи парти бюджетне ытларах та ытларах пырса кĕрет. Унсăр пуçне, издательствăсен тупăшĕ те хушăнать.

Парти аппарачĕн штатне чакарас, парти организацийĕсене тытса тăма тухакан ытлашши тăкаксене пĕтерсе пырас политика вăй кĕрсе пы...

Сахал ĕç укçи тата пенси илекен коммунистсене член укçи тўлессинчен хăтарсан та юрать.

Парти укçи-тенкипе мĕнле усă курассине Центральнăй Комитет палăртать, тенĕ Уставра. Пирĕн шутпа, çак укçана мĕнле ĕçсем валли тăкаклама юранине Уставрах кăтартса памалла. Çакă укçа-тенкĕпе вырăнсăр усă курассине пĕтернĕ пулĕччĕ.

Пуханнă член укçин пĕр пайне парти райкомĕнче хăварни те вырăнлă пулĕ. Çакă пуçламăш организацисене укçа-тенкĕпе пулăшма май парать-çке.

Партком секретарĕсем КПСС райкомĕн штатне кĕреççĕ. Вĕсем сахал мар ĕç укçи илеççĕ. Партком йĕркелеме коммунистсен шучĕ çитмест пулсан, парторганизаци секретарĕ пĕр тўлевсĕр ĕçлет. Анчах унран тунă ĕçшĕн укça илекеннисенни пекех ыйтаççĕ. Ман шутпа, ку тĕрĕс мар. Вĕсене те укça тўлеме май тупмалла. Парти порученине обществăлла майпа нумай çул хушши тўрĕ кăмăлпа туса пыракансене те пурлăх енчен хавхалантармалла пулĕ: вĕсене е ĕç укçи сумне хушса памалла, е преми памалла. Пенсионерсене те пенси сумне хушса пама пулать. Çак ыйтăва татса пама парти райкомне хăйне право памалла.

Р. МОИСЕЕВ.

*Шухăшлаттаракан, хумхантаракан ыйту*

# СĂМАХĂМ ЛАША ÇИНЧЕН

Акă, экран çине, хĕçĕсемпе вылятса, хĕрлĕ юланутçăсем вирхĕнсе тухаççĕ. Вĕсене хăлхасăр çĕлĕкне хыçалалла пусса лартнă çар пуçĕ хавхалантарса пырать. Çапла асра юлнă та ман ўсĕмри ачасен асĕнче лаша.

«Хура лаша акара. Шур лаша та акара» тесе, такăна-такăнах вуланă эпир Букварĕн çĕнĕ страницине. Халĕ вара «Хура лаша картара. Шур лаша та картара. Иккĕшĕ те выçă тăраççĕ», — тесе вуламалла-ши? Мĕнле пулса тухрĕ-ха капла? Техника прогресĕ айăплă-ши çакăншăн? Ял урамĕнче лаша кўлнĕ урапа е çуна курми пултăмăр. Кам айăпĕпе?

Çирĕм çул каялла, тĕрĕсрех, утмăлмĕш çулсенче лаша хăй пĕлтерĕшне çухатманччĕ-ха. Унпа кĕр калчине сўресе усăлтарнă, çĕртме пуссинче нўрĕк тытнă, вăрлăх турттарнă. Интересли, аса илмелли тата çакă пур. Лавсене акма хатĕрленĕ ана çине кĕртмен, вĕсем ака агрегачĕ çаврăнса çитиччен çул хытти çинче тăнă. Вăрлăха лав çинчен сеялка патне çынсем алăпа йăтнă. Халĕ мĕн куратпăр? Уйне акса пĕтернипе пĕрлех, темĕн тĕрлĕ автомашина е трактор — прицеп йĕрĕпе «тĕрлесе» пĕтеретпĕр.

Вăрçăччен атте лашасем пăхатчĕ. Хальхи пекех лайăх астăватăп. Урапа çине çава, кĕрепле, сенĕк хунă. Клевер ани чечекре. Атте темиçе паккус ярăнса çулчĕ те, тулли лавпа яла таврăнтăмăр.

Халĕ вара? Январсем ял хыçĕнче е ял хушшинчех тăлă вĕççĕн сиксе çўреççĕ. Пăхаканĕ те çук. Питĕ ансат. Уйăх иртнĕ — укçа ил, лаша кĕлеткийĕ çулла та, хĕлле те пĕр — ырхан.

Кашни вырăсла хапхан вăта юпинче ункă пулнă. Лавçă йăпăртлăха киле чарăнсан лаша кăкарса тăратнă унтан. Кăнтăр тĕлĕнче вара ăна, тăварса, урапа ещĕкĕн хĕреслинчен кăкарнă: апат çисе тăнă чух вăй чакма паман. Мĕншĕн тесен вăл çĕрĕçченĕн шанчăкĕ те, тĕрекĕ те пулнă. Çакна самантлăха та манман ял çынни.

Халĕ ял хушшинче ўкерчĕк пачах урăх: килĕрен механизатор, шофер. Хапха умĕнче чăх чĕппи чĕпĕтмелĕх симĕс курăк тупаймăн. Урам хушшинче пилĕк тарăнăш шырлан. Туя çине тĕрĕнсе сўреме пуçласан, магазина епле каçналаса çăкăр илме çитсе килмелле-ши, тесе шухăшлаттарать. Хăшĕсен трактор-машинин килĕ умĕнчех кунĕн-çĕрĕн кĕрлет. Миçе килсе каймасть-ши тата тепри?

Хăйхаклăх çинчен хăсантанпа калаçатпăр ĕнтĕ. Колхоз экономики çинчен те кашни çĕнĕ номер хаçат та, журнал та аса илтерсе тăраççĕ. Улшăну пурпĕр çук. Иртнĕ çул пирĕн «Дружба» колхозра пĕр центнер сĕт 58 тенке ларнă. Мĕншĕн тетĕр-и? Фермăра лаша мĕнне пĕлмеççĕ. Ăна кўлсе чăрманмаççĕ. Кирлĕ-кирлĕмаршăн — трактор. Вăл пĕр-икĕ сехет ĕçлет те, ферма пуçлăхĕ, кăмăллă çын, кунĕпех ĕçленĕ тесе, алă пусса парать. Армана пĕр михĕ тырă илсе каймалла, ял çынни тракториста тархаслать. «Çутти пулсан», тархасшăн. Утă-улăма хăш ĕмĕрте тракторпа турттарнă? Прицеп çине те, çуна çине те 400 килограмм тиенет вăл. Кĕркунне иккĕмĕш сăкăр пуссинче те каçалăкран каçалăка михĕсене лавпа пухнă.

Колхоз экономикинче — пуç шутлама вĕренмелле. Хутпа кăранташа алла тытмалла. Çакна асра тытасшăнах мар хальхи руководитель. Пĕрремĕш бригадăра ут хатĕрĕсене килĕрен валеçсе панă та паян куя та тупса пĕтерейместĕ. Шыракан та çук. Урапа-çуна та шутра мар. Бригадăра армана тырă илсе çитерме те лаша тытса кўлейместĕн.

Иртнĕ кĕркунне лаша вити килхушшинчен тислĕк хырса тасатма тесе, картине сўтсе пăрахрĕç, çĕнĕ çулччен те тытса памарĕç ăна. Лашасем вара уçă пĕлĕт айĕнчех пурăнчĕç. Колхоз председательне те лаша интереслентермест.

Лашасене лайăххăн пăхасчĕ. Уттине те, сĕллине те рационпах парасчĕ. Ут хатĕрĕ те, урапи-çуни те çителĕклĕ пултăр. Çу кунĕсенче лаша ача-пăчана илĕрттĕр: ĕçлетĕр, пăхтăр, тăрантартăр. Çавалта шыва кĕртме, ĕçлесе тарланă шăмшакне те усăлтартăр. Тен, яла юлас туртăм та çуралĕ çамрăк юланутçăн.

К. ШАЧКИН.
Красноармейски районĕ.

**Идеологи ĕçĕ — кăткăс ĕç. Ăна ăнăçлă пурнăçласа пыма парти политикине лайăх пĕлни, çирĕп ĕненўлĕх, кунсăр пуçне оратор ăсталăхĕ те кирлĕ. Çак паха енсемпе палăрса тăракан идеологи работникĕсем Елчĕк районĕнче сахал мар. Вĕсенчен пĕри — Елчĕкри вăтам шкул директорĕ Геннадий Владимирович Ястребов пропагандист. Марксизм-ленинизм вĕрентĕвне халăх хушшинче сарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнўсем тунăшăн ăна Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.**

**ЎКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Г. В. Ястребов тата КПСС райкомĕн идеологи пайĕн заведующийĕ Г. Г. Зайцев занятисем ирттерес пирки канашлаççĕ.**

**Ю. Дмитриев фотоўкерчĕкĕ.**

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Республика территорийĕнче 1989 çулта Пĕтĕм Союзри халăх переписне ăнăçлă ирттернĕшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Чăваш республикин статистика управленийĕнче ĕçлекен çак юлташсене Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă:

Александр Зиновьевич Васильева — информаци парса тăракан бюро начальникне.

Анатолий Васильевич Григорьева — управлени начальникĕн заместительне.

Акулина Павловна Черновăна — Вăрмар районĕнчи статистика пайĕн начальникне.

* * *

Ĕçри ўсĕмсемшĕн тата общество пурнăçне активлă хутшăннăшăн Роман Станиславович Славиковские — «Металлист» производство пĕрлешĕвĕн Шупашкарти металл изделисен заводĕнчи штамповщика — Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

* * *

Строительствăри ўсĕмсемшĕн, нумай çул хушши тўрĕ кăмăлпа ĕçленĕшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн 2-мĕш стройтрестĕнче ĕçлекен çак юлташсене «Чăваш АССР тава тивĕçлĕ строителĕ» хисеплĕ ят панă:

Василий Егорович Егорова — штукатурсен бригадирне.

Борис Егорович Фирсова — малярсен бригадирне.

*Çулсем тата çынсем*

# ПУРНĂÇА ЮРАТСА

...чĕрипе вăл КПСС ретне тăма хатĕр-и? Ку ыйту вара яланах иккĕмĕш вырăна юлать.

Партирен кăларас ыйту, паллах, пурне те хумхантарать. Халĕ коммунист пирки мĕнле те пулин уголовлăй ĕç пуçарсанах, эпир ăна КПСС ретĕнчен кăларма васкатпăр, суд умне парти билечĕпе тăрасран шикленетпĕр. Пурте пĕлетпĕр, суд сыпăпа айăплă тесе приговор йышăниччен, ăна айăплă теме çук. Суд решенийĕ вăя кĕриччен коммуниста парти ретĕнчен кăларма тăхтамалла.

Пурнăçра тӳрĕ кăмăллă коммунистсене таврăрас шутпа элеклесе айăпланă е айăплама пăхнă тĕслĕхсем сахал мар тĕл пулаççĕ. Çакă та КПСС авторитетне пысăк сиен кӳрет. Çавăнпа парти организацийĕн коммуниста айăплама ĕç пуçарсан, çакна парти енчен тĕрĕслессине ...

Пуçламăш организацисене пысăклатмалла. Унта 5 коммунистран кая ан пултăр. 3 коммунист çеç пулсан, парти группи йĕркелемелле, ăна пуçламăш организаци составне кĕртмелле. Çакă вăйсене перекетлесе ĕçлеме пулăшнă пулĕччĕ.

Партии укçи-тенки пирки темиçе сăмах. Вăл член укçинчен тата издательство тупăшĕсенчен пухăнать. Коммунистсен шучĕ тата вĕсен ĕç укçи çуллен ӳссе пынă май, член укçи парти бюджетне ытларах та ытларах пырса кĕрет. Унсăр пуçне, издательствăсен тупăшĕ те хушăнать.

Парти аппарачĕн штатне чакарас, парти организацийĕсене тытса тăма тухакан ытлашши тăкаксене пĕтерсе пырас политика вăя кĕрсе пынине, пирĕн шутпа, коммунистсенчен член укçи сахалтарах пуçтарма май парать. Çавăнпа çакăн пек сĕнӳ пур.

Партком секретарĕсем КПСС райкомĕн штатне кĕреççĕ. Вĕсем сахал мар ĕç укçи илеççĕ. Партком йĕркелеме коммунистсен шучĕ çитмест пулсан, парторганизаци секретарĕ пĕр тӳлевсĕр ĕçлет. Анчах унран тунă ĕçшĕн укçа илекеннисенни пекех ыйтаççĕ. Ман шутпа, ку тĕрĕс мар. Вĕсене те укса тӳлеме май тупмалла. Парти поручениене обществăлла майпа нумай çул хушши тӳрĕ кăмăлпа туса пыракансене те пурлăх енчен хавхалантармалла пулĕ: вĕсене е ĕç укçи сумне хушса памалла, е преми памалла. Пенсионерсене те пенси çумне хушса пама пулать. Çак ыйтăва татса пама парти райкомне хăйне право памалла.

**Р. МОИСЕЕВ,**
КПСС райкомĕ çумĕнчи парти комиссийĕн членĕ.
Комсомольски районĕ.

...управленийĕнче ĕçлекен çак юлташсене Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăлланă:

Александр Зиновьевич Васильева — информаци парса тăракан бюро начальникне.

Анатолий Васильевич Григорьева — управлени начальникĕн заместительне.

Акулина Павловна Черновăна — Вăрмар районĕнчи статистика пайĕн начальникне.

• • •

Ĕçри ĕçсемсемшĕн тата общество пурнăçне активлă хут-...

...ка — Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Хисеп грамотипе наградăланă.

• • •

Строительствăри ĕçсемшĕн, нумай çул хушши тӳрĕ кăмăлпа ĕçленĕшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ «Чувашстрой» территори строительство пĕрлешĕвĕн 2-мĕш стройтрестĕнче ĕçлекен çак юлташсене «Чăваш АССР тава тивĕçлĕ строителĕ» [illegible] ят панă:

Василий Егорович Егорова — штукатурсен бригадирне.

Борис Егорович Фирсова — малярсен бригадирне.

## *«Диалог» политклуб:* черетлĕ заняти

# ХАМĂР ТУМАСАН, КАМ?..

**Тухса калама çавăн чухлĕ çын кăмăл туни политклубăн виçĕмĕш занятийĕнче те пулманччĕ — 50 çын ытла çырăннă. Вăхăт çитмен пирки сăмах пурне те тивĕçмерĕ пулин те (20 çын тухса калама пултарчĕ), ыйтăва анлăн сӳтсе яврĕç темелле.**

Ку хутĕнче «Диалог» политклубра «Экологи тата эпир» темăна сӳтсе яврĕç. Ку ыйту республикăри кашни çын пурнăçĕпе çыхăннă. Хальхи вăхăтра, çĕршывра, çав шутра Чăваш АССРĕнче те экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăру начарланса-япăхса пынă чух, çутçанталăка, сывлăша, çĕре, вăрмана упрасси хумхантармасăр тăма пултараймасть. Хамăр тумасан, кам тăвĕ çав ĕçе? Çавна тинех ăнланма тытăнтăмăр. Ун пирки занятире темиçен те каларĕç.

Ларура малтан Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕ Ж. Строкач тата СССР халăх депутачĕ, Пĕтĕм Российăри çутçанталăка сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен обществăн республикăри совечĕн президиумĕн председателĕ, Етĕрне районĕнчи «Ленинская искра» колхоз председателĕ А. Айдак республикăри экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва тĕплĕн тишкерсе тухрĕç.

Ана, сывлăша упрассине илĕпĕр. Ана баралани çынсен сывлăхне сиен кӳнине пĕлсе тăрсах тивĕçлипе кĕрешни çук. Сывлăша предприятисем уйрăмах нумай вараласçĕ. Иртнĕ çулта сывлăша республикăра 252 пин тонна вараланчăк хутăш кăларнă, çав шутра Шупашкарта — 100 пин тонна ытла. Республикăри 340 промышленность предприятийĕнчен 70-шĕ ытла сывлăша варалать. Сывлăша тĕрлĕ каяшпа варалас енĕпе автотранспорт пĕрремĕш вырăнта. Ăна газпа ытти топливо сине куçарас тĕлĕшпе палăртнă мероприятисене пурнăçламаççĕ.

Ж. Строкач Атăла тата ĕçекен шыва тĕрлĕ каяшпа вараласине мĕнле чарса лартмалли, республикăри пĕчĕк юханшывсем типесрен тата вараланасран мĕн тумалли пирки те каларĕ. Вăл палăртнă тăрăх, пулăхлă çĕр те эрозие пула пĕтет — çуллен 7 миллион тоннăна яхăн шывпа юхса каять. Ку питĕ пысăк инкек-çке! Промышленность каяшĕсене ăçта тăкмалли пирки те, ытти çĕршывсенчи пек, вĕсемпе усă курма ятарласа завод лартасси çинчен те, республикăри вăрмансене тĕлсĕр пĕтерсе пынине мĕнле майпа чарса лартасси пирки те каларĕ Ж. Строкач.

А. Айдак ыйтăва тепĕр енчен тишкерчĕ. Республика пĕлтерешлĕ кирек хăш пысăк ыйтăва та халăхпа канашламасăр татса пама юраманни, ку закона хиреçле ĕç иккенне палăртса, Вăрнарта поликарбонат заводне тăвас ыйтăва татса панă чух çакна шута илменни çинчен каларĕ. Завод тăвас ыйтăва, вырăнти халăх шухăш-кăмăлне ыйтса пĕлсе, районти власçен татса памалла пулнă. Çав йĕркене пăхănмасăр, ыйтăва партипе хуçалăх активĕнче пăхса тухнипех çырлахнă, район Совечĕн сессийĕнче сӳтсе явман. Анчах ĕç кунпа çеç вĕçленмен-çке, республика правительствин килĕшĕвĕ кирлĕ пулнă. Поликарбонат заводне тусан, Вăрнарпа Канаш хулине шывпа тивĕçтерме май килет тесе, кунта та ыйтăва темиçе çын татса панă — поликарбонат заводне Вăрнарта тума шутланине ырласа документ сине алă пуснă. Унта республика руководителĕсенчен кам алă пуснă, поликарбонат завочĕ лартма кам ирĕк панă? А. Айдак çапла хуравларĕ: республикăна унччен ертсе пынă руководительсем, çав шутра Чăваш АССР Министрсен Совечĕн председателĕ пулнă Л. Прокопьев.

Халĕ Вăрнарта поликарбонат заводне лартас шухăша пăрахăçланă. Ку ыйтăва темиçе эрне каялла КПСС обкомĕн бюровĕ ятарласа сӳтсе явнă çинчен хаçатра пĕлтернĕччĕ. Те çав материала вуламан, те унта уçăмлах каласа çитереймен — политклуб занятийĕнче поликарбонат заводне тума чарас ыйтăва пĕри те тепри хускатрĕ. Çав ыйтупа республикăра референдум ирттермешкĕн Чăваш АССР Верховнăй Советне сĕнме сасăласах йышăнчĕç.

СССР Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ, СССР Министрсен Совечĕн Химипе вăрман комплексĕ енĕпе ĕçлекен бюровĕн председателĕ В Гусев поликарбонат заводне Вăрнарта е урăх вырăнта тăвас ыйтупа республикăна килсен, çак производствăна «Химпром» пĕрлешӳре йĕркелеме май пурри çинчен сăмах хускалнă. Çак шухăша каллех вырăнти халăхпа канашламасăр татса пама тăни Çĕнĕ Шупашкарта пурăнакансене хытă хумхантарнине темиçен те каларĕç.

— Республика руководителĕсем мĕншĕн сăмах пама юратаççĕ-ха? Кайран çав тĕплĕн шутласа çитермесĕр тунă ĕç сынсене мĕнле йывăрлăха кĕртсе ӳкернине шута илмеççĕ, — терĕ Çĕнĕ Шупашкартан килнĕ А. Федоров юрист.

В. Энтип поэт, хăй хими комбинатне тунă çĕре малтанхи кунсенчен пуçласах хутшăнни çинчен каласа, мĕнле асăрханулла пулсан та хими препарачĕсем çынна сиен кӳме пултарнине хăйĕн тата комбинатра пĕрле ĕçленĕ çынсен пурнăçĕнчи тĕслĕхсемпе çирĕплетрĕ.

— Халлĕхе эпир çавна пурте кирлĕ пек ăнланса илмен-ха, кирек ăçта та хими предприятийĕсем виçеллĕ çеç тума юранине шута хумастпăр, — терĕ вăл.

Унăн шухăшне малалла тăсса, Л. Козликова врач Çĕнĕ Шупашкарта пурăнакансен сывлăхне сыхлас ĕçре медицина работникĕсене мĕн пăшăрхантарни çинче чарăнса тăчĕ.

— Республикăри экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва сӳтсе явнă май, кунта тухса калакансем çавăн çинчен халăха пĕлтерсе тăманнине хытă сивлерĕç, — терĕ вăл. — Пĕлмен пирки чылайăшĕ этем сывлăхĕ пĕтĕмпех медицинăран килет, тесе шутлать. Çын сывлăхĕ вара 50 процент ытла хамăр пурăнакан тавралăхран килет. Апла тăк, çутçанталăка варалассине хирĕç пирĕн сине тăрса кĕрешмелле. Çĕнĕ Шупашкарта пĕчĕк ачасен 40 процентĕ чирлĕ çуралать, хăшпĕр хĕрарăмсем вăхăт çитмесĕр çуратаççĕ. Чирлесе виленекен ачасем чылай, ку енĕпе Çĕнĕ Шупашкар республикăра пĕрремĕш вырăн йышăнать. Аллергипе чирлекенсем çитĕннисем хушшинче питĕ нумай.

— Мĕншĕн çапла-ха? Çĕнĕ Шупашкарта промышленность предприятийĕсем виçесĕр нумай туса тултарнăран мар-и? «Химпром» производство пĕрлешĕвĕн айăпĕ çук-и кунта? Унта туса кăларакан продукци сиенлипе сиенлĕ марри çинчен мĕншĕн халăха пĕлтермеççĕ? Çынсен сывлăхĕ пирки сăмах пырать пулсан, пурне те вăрттăнлăх тума юрать-и вара? — терĕ Л. Козликова.

Тавралăха сыхлас тĕлĕшпе политклубра тухса калаписем паха сĕнӳсем чылай пачĕç. Сăмахран, «Чăвашагропромдорстрой» пĕрлешĕвĕн тĕп бухгалтерĕ В. Егоров вунă сĕнӳ ытла хатĕрленĕ. Ăна РСФСР Верховнăй Советне депутата суйлама кандидата тăратнă май, вăл çав сĕнӳсене хăйĕн суйлав умĕнхи программине кĕртнĕ, халăха каласа ăнлантарать, вĕсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе пĕрле тăрăшса ĕçleме чĕнет.

— Республикăри мĕнпур предприятисене экологи тĕлĕшĕнчен тĕрĕслесе паспортсем тумалла, кашни хулари, ялти экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăрăва тĕрĕслесе, халăха пĕлтерсе тăмалла, ведомствăсене пăхăнман экологи службине тумалла, экологи пропагандине вăйлатмалла, тавралăха сыхлас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлекен предприятисен коллективĕсене хавхалантармалли йĕрке тумалла, республикăра пысăк предприятисем лартас ыйтăва халăхпа канашласа татса памалла, — сĕнчĕ вăл.

— «Пĕлӳ» общество лекторĕ пулнă май, халăх хушшинче тăтăшах пулатăп, экологи ыйтăвĕпе лекци-калаçу ирттеретĕп, — терĕ Чăваш государство университечĕн преподавателĕ Ф. Иванова. — Куратăп: çынсем вырăнти экологи тĕлĕшĕнчи лару-тăру çинчен нимĕн те пĕлмеççĕ. Республика хаçачĕсем те сахал çыраççĕ çав ыйтупа. Тулли, тĕрĕс информаци пултăр. Çакă та шутлаттарать: предприятисем сывлăша нумай вараласçĕ, çав вăхăтрах вĕсен руководителĕсем экологи ыйтăвĕсемпе интересленмеççĕ.

— Вăрнарта поликарбонат заводне туни экологие, халăха хирĕçле ĕç пулнине палăртса, ку ĕçе чарма ыйтса Канаш районĕнчи Аччa ял Совечĕн депутачĕсем халăха чĕнсе каланăччĕ. Икĕ уйăх ытла иртрĕ, çав чĕнӳре хускатнă ыйту пирки пичет урлă республикăри нихăш орган та ответ памарĕ. Канаш районĕнчи агропромышленность комплексĕнче ĕçлекенсен профсоюзĕн конференцийĕ чĕнсе каланипе те çавах. Чăваш государство университетĕнче вĕренекен студентсем те çав ыйтупа республикăри мĕнпур сăмраксене чĕнсе каланă. Нихăшĕн пирки те ертсе пыракан органсем хăйсен сăмахне каламарĕç. Пĕлес килет: мĕншĕн халăх ыйтнине тивĕçлĕ органсем шута илмеççĕ? — терĕ М. Ильин.

Чăваш государство университечĕн преподавателĕ Е. Додин экологи ыйтăвĕсене ăнаçлă татса парасси çав ĕçе йĕркелесе пыма тивĕçлĕ специалистсенчен нумай килнине палăртрĕ.

— Ж. Строкач ытларах çутçанталăка сыхласси пирки каларĕ, çын сывлăхне сыхласси тĕп вырăнта пулма тивĕçлине палăртмарĕ. Йышăнас пулать: эпир пурте начаррине курасшăн мар, хамăра хамăр лăплантарма, пурте йĕркеллех пек шутлама юрататпăр. Çутçанталăка, тавралăха вараланине халлĕхе ведомствăсем хăйсем тĕрĕслесе тăраççĕ. Кун пек чух чăннипех тĕрĕссине каласси кĕтме çук.

Шупашкар ГЭСĕн малашлăхĕпе çыхăннă ыйтăва та, Шупашкар сывăхĕнчи Мăн Чакăр ялĕ патĕнче промышленноçпа хула каяшĕсене тăкмалли вырăн пирки те сӳтсе яврĕç, тĕрлĕ шухăшсем пачĕç.

Политклуб занятине КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Петров, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ А. Леонтьев, республика Министрĕсен Совечĕн председателĕ Н. Зайцев, КПСС обкомĕн иккĕмĕш секретарĕ Г. Волков, КПСС обкомĕн секретарĕсем Д. Семенов, В. Шурчанов, М. Якимов хутшăнчĕç.

**И. МАТРОСОВ.**

## *Çулсем тата çынсем*

# ПУРНĂÇА ЮРАТСА

Иван Сергеевич Александрова ялта пурте хисеплеççĕ. Хăйĕн ĕмĕрне вăл колхозра кăна ирттерчĕ, темелле. Çамраклах ашшĕпе тата ытти аллă ăстисемпе хамăр ялта тата таврари ытти вырăнсенче çил арманĕсемпе кĕперсем туса çӳрерĕ. 30-мĕш çулсенче ăсталанă çав армансем Елчĕк районĕнче халиччен сыхланса юлнă-и, юлман-и — çирĕплетсе калама пултараймастăп. Тутар республикине кĕрекен кӳршĕллĕ Пăва районĕнче Сĕве юханшывĕ çинче вара вĕсем тунă йывăç кĕпер халĕ те пур. Çур ĕмĕр каялла, çуркуннепе шыв-шур вăйлă анса, тимĕр-бетон кĕперсене те илсе кайнă, çак йывăç кĕпер темле майпа тăрса юлнă.

Иван Сергеевич — Лаш-Таяпа ялĕнче Крупская ячĕпе хисепленекен колхоза йĕркелекенсенчен пĕри. Ун чухне вăл улăп пек патвăр çынччĕ. Паллах, пирĕн ялта ун пек маттур та хастар колхозниксем яланах нумай пулнă. Çавсем тăрăшса ĕçленипе ĕнтĕ пирĕн колхоз вăйлăн аталанса пычĕ. Вăрçă умĕнех вăл республикипе чапа тухрĕ, çулсерен ялхуçалăх çитĕнĕвĕсен Пĕтĕм Союзри выставкине хутшăнчĕ.

Аслă Отечественнăй вăрçă пуçлансан, И. С. Александров алла хĕçпăшал тытать, революци сăпкине — Ленинграда хӳтĕлет. 1942 çулта, хĕлле, Московские Дубровки районĕнчи «Невский пятачок» текен çĕрте питех те хаяр çапăçусем пулса иртеççĕ. Нева çинчи пăр ирĕлме пуçласан, фашистсем пĕр эрне хушши атакăлаççĕ çак плацдарма. Ивана амантаççĕ. Госпитальте пĕр вăхăт сиплениĕ хыççăн каллех тăван часне таврăнать, ирсĕр тăшмана пĕтĕм курайманлăхпа тĕп тăвать.

1943 çулхи январĕн 13-мĕшĕнче ирхине Ленинградпа Волхов фрончĕсен подразделенийĕсен 4.500 тупăпа миномечĕ тăшман позицийĕсем çине халиччен пулман вут-хĕм сирпĕтеççĕ. Çĕр чĕтресе тăрать. Тĕнче пĕтет, тейĕн. Çапла пуçланать «Искра» операци. Иван Александров автоматчик ку хутĕнче те малти ретре. Ăçтан кăна тухать-ши вăй-хал?

Блокадăна татнине вăл пĕлеймест, январĕн 18-мĕшĕнче атакăра йывăр аманса тăвне сухатать. Киров хулинчи госпитальте тин тăна кĕрет. Миçе талăк, эрне тăна кĕмесĕр выртнă-ши вăл? Çакна халиччен те пĕлмест. Пуç чашкине ватнă, сылтăм куçĕпе сулахай ури пачах çук. Пуçра тупăран пенĕ пек темĕскер шавласа тăрать. Шухăшсем капăç памаççĕ. Мĕн пулса тăчĕ манпа? Халĕ вăл ватăр тăваттăра, килте виçĕ пĕчĕк ача. Кама кирлĕ эпĕ халь? Мĕншĕн чĕрĕ тăрса юлнă-ши?

Çапах та пурнăça юратни çĕнтерет. Пурăнмалла, пурăнмалла! Халĕ манăн хамăшăн кăна мар, вилнĕ юлташсемшĕн те пурăнмалла, ĕçлемелле. Лаш-Таяпана Тăван çĕршыв наградисемпе таврăнсан, вăл ериппен вăй илет. Хулсем майĕпен мускулпа тулаççĕ. Вĕсем сыва пулсан, ĕç чарăнмĕ...

Хĕрĕх пилĕк çул та иртрĕ унтанпа. Упăн алли́нчен пĕр кун та пуртă, пăчкă, ваструк е ытти инструмент каймаи. Колхозшăн мĕн чухлĕ ĕç тӳрĕ пуль! Тăванĕсем, çывăх çынсем валли темиçе пӳрт, хапха, тĕрлĕрен хуралтă туса панă. Укçалла ĕçлемен, пулăшас шухăш-кăмăлпа.

Çак кунсенче Иван Сергеевич Александров сакăрвуннă тултарчĕ. Юбилей ирттерме пĕтĕм ял хутшăнчĕ теме пулать. Ăна саламлама республикăн тĕрлĕ кĕтесĕнчен сакăр ачипе çирĕм пилĕк мăнукĕ килсе çитрĕç.

Лаш-Таяпа ял Совет ĕçтăвкомĕн председателĕ А. М. Чернов, «Слава» колхоз председателĕ И. Я. Денисов, колхозри партком секретарĕн заместителĕ Б. А. Абдукин, профком председателĕ А. Н. Кондратьев тата ыттисем ăна ăшшăн саламларĕç, çирĕп сывлăх, вăрăм ĕмĕр сунчĕç, хаклă парнесем пачĕç.

Ялти вăтам шкулта вĕренекенсем ĕçпе вăрçă ветеранне хисеплĕ пионера илчĕç, ятарласа уншăн хатĕрленĕ концертпа савăнтарчĕç.

Иван Сергеевич çамрăк ленинецсене Ленин хулине мĕнле паттăррăн хӳтĕлени çинчен каласа пачĕ. «Çирĕп тележĕш çапăçнă эпир», — терĕ вăл.

Пăхатăп та ун çине — тĕлĕнетĕп. Сакăр пек сурансемпе вăл 80 çула çитрĕ. Сăлтавĕ мĕнре тетĕр? Пурнăçа юратнинче.

**П. СИДОРОВ,**
Аслă Отечественнăй вăрçă инваличĕ, обществăлла корреспондент.
Елчĕк районĕ,
Лаш-Таяпа ялĕ.

*Искусство çыннисем*

# АСРАХ, КУÇ УМĔНЧЕХ

**К. В. ИВАНОВ ЯЧЕПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРНЕ ПАЯН СПЕКТАКЛЬСЕМ КУРМА ÇŸРЕКЕНСЕМШĔН КУ ЯТ НИМĔНЕХ ТЕ КАЛАМЕ. АНЧАХ ПĔР ÇИРĔМ Е ВĂТĂР ÇУЛ КАЯЛЛА РОНА ИВАНОВНА АНАНЬЕВА АРТИСТКА ЯТНЕ ПĔЛМЕН ЧĂВАШ ПУЛМАН ТА ПУЛĔ. ХАМĂР РЕСПУБЛИКĂРА ÇЕ МАР, РЕСПУБЛИКА ТУЛАШĔНЧИ ЕНТЕШСЕМ ТЕ ЧĂВАШ АССР ТАВА ТИВĔÇЛĔ АРТИСТКИНЕ ХИСЕПЛЕНĔ, ЧЫСЛАНĂ. ПĔР ПЫТАРМАСĂРАХ КАЛАР: «ПАЯН РОНА АНАНЬЕВА ВЫЛЯТЬ, АТЬĂР ĂНА КУРМА КАЯР», ТЕКЕНСЕМ ТЕ ЙЫШЛĂ ПУЛНĂ, АРТИСТКĂНА КУРМА ЯТАРЛАСА ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРНЕ ÇŸРЕНĔ.**

1942 çул. Чăваш театрĕн сцени çинче акăлчан драматургĕпе поэчĕн Вильям Шекспирăн «Отелло» трагедийĕ пырать. Шекспир чăваш сцени çинче пĕрремĕш хут! Хăшпĕр сивĕ чунлă çынсем «ку ăнăçусăр ĕç» текен шухăшпах театр еннелле утаççĕ. Театра кĕрсе ларaççĕ те хайхисем — сцена çинчен куçне илеймеççĕ, сывламасăр пăхма тапратаççĕ. Çатăрласа илет куракансене чăваш чĕлхипе калаçакан Шекспир. Дездемона рольне Рона Ивановна Ананьева вылять. Унăн сасси таса çăлкуçĕн шăнкăр-шăнкăр кĕвви евĕр янăрать: пĕрре пăлхавлăн, теприне тикĕссĕн илтĕнет, çав вăхăтрах вăрман çийĕн хуллен чăштăртатса иртекен çил кассине те аса илтерет. Унăн юратăвĕ, Отеллăна чунпа парăнни куракансене çатăрласа илет, апла пулин те залра ларакансем пăшăрханаççĕ, çак юрату епле вĕçленессе тÿсĕмсĕррĕн кĕтеççĕ. Р. И. Ананьевăпа пĕрле И. О. Молодов (вăл Отелло рольне вылятчĕ), Б. А. Алексеев (Яго рольне çав тери ăста калăпланăччĕ, кайран СССР халăх артисчĕн ятне тивĕçлĕ пулчĕ) сценăна илем кÿретчĕç. Çулсем чылай иртнĕ пулин те, çак виçĕ артист вăййине паян кунта чĕррĕн те уçăмлăн куратăп эпĕ, апла вĕсем чунпа та юнпа выляна. Кунтан пахи артистшăн мĕн пултăр?

Вăрмар районĕнче çуралса ÿснĕ чăваш хĕрачи Р. И. Ананьева чăваш театрĕнче йывăр çулсенче ĕçленĕ. Малтанхи пилĕкçуллăхсен тапхăрĕ, 1937 çул вăхăтĕнчи хура кунсем, унтан Аслă Отечественнăй вăрçăн чи йывăр çулĕсем, кайран —çĕршыва ура çине тăратнă вăхăт... Кирек мĕнле пулсан та, артистка чунĕ хуçăлман, вăл таса упранса юлнă. Çакă та Рона Ивановнăна чыс кÿрет.

[illegible] ство академи театрĕ çумĕнче театр студийĕ уçăлчĕ. Çав студие эпĕ те вĕренме кĕтĕм. Еçлекен, ăста çын никçан та çамрăксенчен пăрăнмасть, вĕсем çине ăлă сулмасть. Рона Ивановна та яланах ыра кăмăллăччĕ. Унăн сассинче никçан та мăнкăмăллăх илтĕнместчĕ. Калаçнă чухне те тахçанхи юлташ евĕрле калаçатчĕ Р. И. Ананьева.

— [illegible] лĕме чарăнсан, ман пата пычĕ те:

— Çамрăк çыннăм, Эсир питĕ тăрăшса вылятăр, çавăнпа сирĕн шăмшакăр хытса ларать... Ман шутпа, Сирĕн хăвăра кăштах ирĕклĕнрех тыткалла, ÿт-пĕве ирĕк памалла, —терĕ. — Эпĕ режиссер мар, хам туйнине çеç калатăп...

Вăл калани пулăшрĕ-тĕр. Кайран экзамен комиссийĕ «пиллĕк» паллă лартса пачĕ Борис ролĕшĕн.

Çакăн хыççăн эпĕ Р. И. Ананьева выляннине пĕр сиктермесĕр тенĕ пек пăхаттăм, хама кирлине суйлаттăм, ăс пухаттăм.

Çаплаччĕ Рона Ивановна. Çынпа тăванла, туслă калаçнăран ун çăмахĕсем чун патне çитетчĕç.

Акă, Карло-Гольдонин «Трактирщица» комедийĕ сцена çине тухать. Мирандолина ролĕнче — Рона Ананьева. Мĕнле çăмăллăхпа, епле çĕкленÿпе вылятчĕ актриса! Партнерĕсем те ăста вылятчĕç çав. Кунта актрисăпа юнашар — А. Ургалкин, П. Дмитриев, Б. Алексеев. Вĕсем пĕрне-пĕри çунат хушса тăратчĕç.

Акă, Н. В. Гоголĕн «Ревизор» комедийĕ. Анна Андреевна рольне Р. И. Ананьева вылять. Унпа пĕрле каллех Б. Алексеев (Хлестаков), Б. Марков (Городничий) выляççĕ. Мĕнле илем кĕртеççĕ вĕсем пĕр-пĕрне! Ăста артист ăста артистăн партнерĕ пулниччен пахи мĕн пултăр? Асталăх ăсталăха малалла туртать. Режиссер çакна сисет, çавăнпа çăлтăр çумне тепĕр çăлтăра тăратса, ыттисене те вĕсем пек ялкăшма сунать.

Ума А. Н. Островскин «Вăрман» драми те тухса тăрать. Рона Ивановна кунта Гурмыжская помещица рольне вылятчĕ. Унпа пĕрле Е. Никитин, И. Молодов, Б. Алексеев, А. Васильева, А. Долгова, Л. Семенов тата ытти артистсем вылятчĕç. Курăр-ха, пĕринчен теприне маттур та ăста актерсем мар-и? Шел, хальхи вăхăтра çак ушкăнри артистсенчен Е. Никитин çеç паян кун сцена çине тухать.

Актрисăпа А. Н. Островскин «Хулăмсăр хĕр», «Белугин авланни» произведенийĕсемпе те курса савăнаттăмăр. Чăнкипех те, классикăлла драматурги ар...

Мăн тейĕн — чăнах та çапла вылятчĕ Нарспие Рона Ивановна, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистки.

Вăл çулсенче чăваш театрĕн тĕп режиссерĕ пулса РСФСРăн К. С. Станиславский ячĕпе хисепленекен премийĕн лауреачĕ, Чăваш АССР халăх артисчĕ Л. Н. Родионов ĕçлетчĕ. Халĕ вăл тивĕçлĕ канура. Эпĕ унран:

— Калăр-ха епле майпа Р. И. Ананьевăна чăваш халăх артисткин ятне те парайман? — тесе ыйтрăм.

— Ун чухне вăхăчĕ çапларахчĕ. Хальхи пек пулсан, РСФСР халăх артисткин ятне те паратчĕç пуль, — хуравларĕ мана Л. Н. Родионов. Унтан хушса хучĕ: — Вăл пултаруллă та хăватлă артисткăччĕ. Еçе парăнса та тĕплĕн тăватчĕ. Çынна ĕçленĕ чух хакламa пĕлмелле, вăхăтра хисеплемелле. Паллах, хальхи вăхăтра сцена çинче вылякансене хурланине пĕлтермест эпĕ капла калани. Кашни артистка хăйне евĕрлĕ, хăйне майлă... Рона Ивановна пултарулăхне вăхăтра тивĕçлĕ хак параймарăмăр. Çавăнпа та ыррине халĕ те пулин, артистка çуралнăранпа 80 çул тултарнă вăхăтра та пулин калас килет. — Çапла пулчĕ Леонид Родионов режиссер сăмахĕ.

Ф. Павловăн «Ялта» пьесинчи Елюк рольне мĕнле вылятчĕ тата! Чăнах та, Р. И. Ананьева ялан тенĕ пекех тĕп рольсенче выляна. Пĕрне те начар, ячĕшĕн çеç вылямaн. Кашни роль валли хăйне евĕрлĕ сăр, мел тупнă.

Рона Ивановна А. Софроновăн «Чĕре кaçармасть», А. Кăлканăн «Вăрман юрри», «Нонка юратăвĕ» (Г. Терентьев инсценировки) пьесăсенче витĕмлĕ те ĕнентерÿллĕ вылятчĕ.

— Эпĕ Валерий Яковлев режиссера тав тума тивĕç. Вăл мана хальхи самана хĕрарăмĕн сăнарĕсене шанса паратчĕ. Ун чухне çамрăкчĕ вăл, çапах аслă ăрупа тĕплĕ ĕçлетчĕ — тет Рона Ивановна.

— «Нонка юратăвĕнче», — каласа парать Чăваш АССР халăх артистки С. Н. Михайлова, — эпир иккĕн тĕп рольсене выляттăмăр. Рона Ивановна куçĕ мĕне тăратчĕ, вăл пĕрре пăхсан, чун савăнатчĕ, тепре пăхсан, сÿлесе каятчĕ. Унпа юнашар чух начар вылямa майĕ те çукчĕ. Вăл чăнкăн артистка. Шел, вăл выляннине тепре курма майĕ çук. Калăпăр, киноартистка вăййи пленка çине юлать те — ăна темиçе ăру курма пултарать, драма артисткине вара рецензисемпе статьясем урлă çеç пĕлетпĕр, сăмах урлă. Рона Ивановнăран вĕренмелли питĕ нумайччĕ. Театр сцени çинче...



Республика тĕп хулин кăнтăр енчи çĕнĕ районĕнче, трактор тăвакансен проспекчĕнче, эрне каялла тепĕр шкул ачасен хаваслă сассипе тулнă. Ку вăл — 56-мĕш вăтам шкул. Виçĕ хутлă, пĕр харăс 1290 ача вĕренмелĕх шкула планпа вунсакăр уйăхра туса пĕтермелле пулнă, «Чувашградострой» строительствăпа производство пĕрлешĕвĕн 105-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕнчи (халĕ «ЛАД» проектпа строительство пĕрлешĕвĕ) строительсем шкула вуникĕ уйăх çурăрах хута янă. Ăна срокчен туса пĕтерме шефсем те — «Куç микрохирургийĕ» наука-техника комплексĕн Шупашкарти филиалĕ, «Чувашмелиорация» пĕрлешÿ, «Союзэкскавация» трест пысăк пулăшу панă.

## ШЕФСЕМ ПУЛĂШНИПЕ

Шкулта — аслă та çутă классем, вĕренекенсен сывлăхне çирĕплетме икĕ пысăк спортзал, пĕр харăс 350 çын апатланмалăх столовăй. Библиотека та хăтлă пÿлĕмре вырнаçнă, врач валли уйрăм пÿлĕм уйăрнă. Классене вырăнти радио- телеузелпа çыхăнтарнă. Тĕрлĕ предметсемпе вĕренÿ кабинечĕсем йĕркелеме тытăннă ĕнтĕ.

— Шкула хăвăрт туса пĕтерни, паллах, аван, — тет шкул директорĕ А. Макаров, — Анчах та строительсем хăшпĕр ĕççене типтерлĕн пурнăçламанни те сисĕнет. Строительсем вĕсене вăраха ямасăр тÿрлетме шантарчĕç.

Халĕ шкулта 400 ача вĕренет. Вĕсен ытларахăшĕн (90 процент ытла) ашшĕ-амăшĕ — чăваш. Çавна май пĕрремĕш—виççĕмĕш классенче чăваш чĕлхи урокĕсем ирттереççĕ. Çак ĕçре Г. Николаева учительница пултарулăх кăтартать. Кунта киличчен вăл Çĕрпÿри 2-мĕш вăтам шкулта вĕрентнĕ. Малашне кашни класрах чăваш чĕлхи вĕрентме тытăнаççĕ.

Шкулти учительсем пÿрте тенĕ пекех — çамрăксем. Вĕсем ачасемпе хăвăрт пĕр чĕлхе тупнă.

**О. АЛЕКСЕЕВ.**

**Ÿкерчĕксем çинче:** Ф. Павлова физикпа Е. Атаманова математик; çĕнĕ шкул çурчĕ; Г. Николаева пĕрремĕш класс ачисемпе.

М. Воробьев фотоÿкерчĕкĕсем.

*Тĕрлĕ хыпарсем*

### Хут каяшĕнчен

ПАТĂРЪЕЛ. Районти типографи коллективĕ 1989 çулхи план-заказа ирттерсе тултарнă. 124 пин тенкĕлĕх продукци туса кăлармалла пулсан, 129 пин тенкĕлĕх хатĕрленĕ. 40 пин тенкĕ таса тупăш илнĕ.

## УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

### Законсене сÿтсе яваççĕ

ВАРШАВА, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Польша сеймĕ хăйĕн ĕçне пуçланă. Парламентăн аялти палатин депутачĕсем сенат палăртса хатĕрленĕ тавата закон проектне малалла сÿтсе яваççĕ. Тĕпрен илсен, вĕсем обществăпа политикăри çĕнĕ условисене суйлав принципĕсене, вырăнти самоуправлени органĕсене тата вĕсен ĕçне йĕркелемелли принципсене тĕпрен улăштарассине пырса тивеççĕ. Халăх совечĕсене регион ытăвĕсене татса панă чухне анлăрах правасем пама, вĕсен хăйтĕллĕнлĕхне аталантарма сĕнеççĕ. Депутатсем документсен уйрăм положенийĕсене критиклеnĕ, принциплă сĕнÿсем панă.

Кĕтнĕ тăрăх, политика партийĕсен пурлăхĕн право статуçĕ çинчен, унăн пĕр пайне государствăна парасси çинчен калакан закон проектне пăхса тухасси кун йĕркин тĕп ыйтăвĕ пулма тивĕçлĕ пулнă. Çак ыйтăва сейм депутачĕсене тата «Пĕршухăшлăхран» суйланă сенаторсене пĕрлештерсе тăракан граждансен парламент клубĕ пăхса тухма тăратнă. Закон проекчĕнче Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн пĕтĕм пурлăхĕн чылай пысăк пайне конфискацилеме тата национализацилеме палăртнă. Политика партийĕсен пурлăхĕпе ыйтусене татса парассипе çыхăннă Министрсен совечĕ çумĕнчи ятарласа правительство комиссийĕ туса хунă.

### Самолета тытса чарнă

ТРИПОЛИ. Джана агентствин пĕлтернĕ тăрăх, Хĕвеланăç Германи влаçĕсем Майн çинчи Франкфурт хулинче Ливии пассажирсем илсе çÿрекен самолетне тытса чарнă. Ливи Джамахирийăн коммуникацисемпе тинĕс транспорчĕн ыйтăвĕсемпе ĕçлекен аслă халăх комитечĕн представителĕ влаçсем аэропортра Триполи — Франкфурт маршрутпа вĕçекен «Боинг-727» самолетне...

ева чăваш театрĕнче йывăр çулсенче ĕçленĕ. Малтанхи пилĕкçуллăхсен тапхăрĕ, 1937 çул вăхатĕнчи хура кунсем, унтан Аслă Отечественнăй вăрçăн чи йывăр çулĕсем, кайран — çĕршыва ура çине тăратнă вăхăт... Кирек мĕнле пулсан та, артистка чунĕ хуçăлман, вăл таса упраса юлнă. Çакă та Рона Ивановнăна чыс кÿрет.

1944 çулта Чăваш государство академи театрĕ çумĕнче театр студийĕ уçăлчĕ. Çав студие эпĕ те вĕренме кĕтĕм. Ĕçлекен, ăста çын нихçан та çамрăксенчен пăрăнмасть, вĕсем çине ала сулмасть. Рона Ивановна та яланах ырă кăмăллăччĕ. Унăн сассинче нихçан та манкăмăллăх илтĕнместчĕ. Канаш пана чухне те тахçанхи юлташ евĕрлĕ калаçатчĕ Р. И. Ананьева.

Астăватăп-ха: эпир, студентсем, А. Н. Островскин «Аслати» драмин пĕр сыпăка хатĕрлеттĕмĕр. Мана Борис рольне хатĕрлеме сĕнчĕç. Паллах, ку драма каткăс, унсăр пуçне, мĕнле калас, пĕррмĕш роль. Ку сыпăка комиссие кăтартмалла, кайран, выляпа хыççăн, комисси хак парать: эсĕ артист пулатăн-и е çук? Пĕррехинче эпир драмăри сыпăкпа ĕçленине Р. И. Ананьева пăхса тăнă мĕн. Вăл, эпир ĕç... талăха малалла туртать. Режиссер çакна сисет, çавăнпа çăлтăр çумне тепĕр çăлтăра тăратса, ыттисене те вĕсем пек ялкăшма сунать.

Ума А. Н. Островскин «Вăрман» драми те тухса тăрать. Рона Ивановна кунта Гурмыжская помещица рольне вылятчĕ. Унпа пĕрле Е. Никитин, И. Молодов, В. Алексеев, А. Васильева, А. Долгова, Л. Семенов тата ытти артистсем вылятчĕç. Курăр-ха, пĕринчен тепри маттур та ăста актерсем мар-и? Шел, хальхи вăхатра çак ушкăнри артистсенчен Е. Никитин çеç паян кун сцена çине тухать.

Актрисăна А. Н. Островскин «Хуламсăр хĕр», «Белугин авлании» произведенийĕсенче те курса савăнаттăмăр. Чăннипех те, классикăлла драматурги артистки пулман-и Рона Ивановна?

Р. И. Ананьева чăваш драматургĕсен пьесисенче те ăста выляна. Тен, хăшпĕрисем халĕ те Нарспи рольне астăваççĕ? Епле çепĕç те хастарччĕ вăл çак рольте?! К. В. Иванов çырнă сăвă йĕркисенчи чăн-чăн Нарспи пекчĕ. вăл.

Куçĕсемпе пăхнă чух
Каччăн чĕри çĕкленет.
Çÿхе тути кулнă чух
Каччăн чунĕ çемçелет...

...мĕн сăнарĕсене шанса паратчĕ. Ун чухне çамрăкчĕ вăл, çапах аслă ăрупа тĕплĕ ĕçлетчĕ — тет Рона Ивановна.

— «Нонка юратăвĕнче», — каласа парать Чăваш АССР халăх артистки С. Н. Михайлова, — эпир иккĕн тĕп рольсене вылянттăмăр. Рона Ивановна куçĕ мĕне тăратчĕ, вăл пĕрре пăхсан, чун савăнатчĕ, тепре пăхсан, сÿлесе каятчĕ. Унпа юнашар чух начар выляма майĕ те çукчĕ. Вăл чăнчăн артистка. Шел, вăл вылявине тепре курма майĕ çук. Калăпăр, киноартистка вăййи пленка çине юлать те — ăна темиçе ăру курма пултарать, драма артисткине вара рецензисемпе статьясем урлă çеç пĕлетпĕр, сăмах урлă. Рона Ивановнăран вĕренмелли питĕ нумайччĕ. Театр сцени çинче вăл 100 рольтен ытла выляна.

Рона Ивановна Ананьева 80 çул тултарчĕ. Анчах вăл пирĕн асра Нарспипе Дездемона евĕр çамрăк, куç умĕнче те çаплах тăрать.

**Георгий ЕФИМОВ,**
поэт, Чăваш АССР культурăн тава тивĕçлĕ ĕçченĕ.

**Ÿкерчĕк çинче:** «Нонка юратăвĕ» спектакльти пĕр сцена. Р. Ананьевăпа (сылтăмри) С. Михайлова.

## *Тĕрлĕ хыпарсем*

### Хут каяшĕнчен

ПАТĂРЪЕЛ. Районти типографи коллективĕ 1989 çулхи план-заказа ирттерсе тултарнă. 124 пин тенкĕлĕх продукци туса кăлармалла пулсан, 129 пин тенкĕлĕх хатĕрленĕ. 40 пин тенкĕ таса тупăш илнĕ.

Кăçал продукци туса кăларасси тата ÿсет, хут каяшĕсенчен блокнот хатĕрлеме пуçлаççĕ. Типографи Ульяновск облаçĕнчи хуçалăхсен заказĕсене те пурнăçлать.

М. СПИНОВ.

### «Вĕри çăкăр» магазин

КАНАШ. Хулари çăкăр завочĕ хăйĕн сывăхĕнчех «Вĕри çăкăр» магазин уçрĕ. Унта тин кăна пиçсе тухнă çăкăр-булка изделийĕсем, кекс, сушка, торт туянма пулать. Çак магазин, çăкăр завочĕ кăларнă продукцие сутса, кашни уйăхрах икĕ-виçĕ пин тенкĕ таса тупăш илет.

В. ИЛЬДЕР.

### Çĕнĕ пекарня

ЙĔПРЕÇ. Киров ячĕпе хисепленекен колхоз территорийĕнчи Пăкаян ялĕнче çак кунсенче пекарня хута кайрĕ. Ăна кирпĕчрен купаласа тунă, самаях пысăк. Ял çыннисем малашне магазинтан çăкăр çителĕклĕ туянма пултарĕç.

А. ИСАКОВ.

# УРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Законсене сÿтсе яваççĕ

ВАРШАВА, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Польша сеймĕ хăйĕн ĕçне пуçланă. Парламентăн аялти палатин депутачĕсем сенат палăртса хатĕрленĕ тăвата закон проектне малалла сÿтсе яваççĕ. Тĕпрен илсен, вĕсем обществăпа политикăри çĕнĕ условисенче суйлав принципĕсене, вырăнти самоуправлени органĕсене тата вĕсен ĕçне йĕркелемелли принципсене тĕпрен улăштарассине пырса тивеççĕ. Халăх советĕсене регион ыйтăвĕсене татса пана чухне анлăрах правасем пама, вĕсен хăйтĕллĕнлĕхне аталантарма сĕнеççĕ. Депутатсем документсен уйрăм положенийĕсене критикленĕ, принциплă сĕнÿсем панă.

Кĕтнĕ тăрăх, политика партийĕсен пурлăхĕн право статусĕ çинчен, унăн пĕр пайне государствăпа парасси çинчен калакан закон проектне пăхса тухасси куя йĕркин тĕп ыйтăвĕ пулма тивĕçлĕ пулнă. Çак ыйтăва сейм депутачĕсене тата «Пĕршухăшлаярах» суйлаена сенаторсене пĕрлештерсе тăракан граждалла парламент клубĕ пăхса тухма тăратнă. Закон проектĕнче Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн пĕтĕм пурлăхĕн чылай пысăк пайне конфискацилеме тата национализацилеме палăртнă. Политика партийĕсен пурлăхĕпе çыхăннă ыйтусене татса памашкăн Министрсен совечĕ ятарласа правительство комиссийĕ туса хунă.

## Ответлăха хăй çине илет

БУХАРЕСТ, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Наци çăлакан фронт (ФНС) руководстви суйлава хутшăнмасси пирки нихçан та çирĕплетмен. Çак ыйтăва Фронт совечĕн ларăвĕнче сÿтсе явассипе эпир кая хăвартăмăр, мĕншĕн тесен обществăн экономикăпа социаллă пурнăçĕн пысăкрах пĕлтерĕшлĕ задачисене татса парас енĕпе ĕçлерĕмĕр. Çапла пĕлтернĕ ФНС совечĕн председателĕ И. Илиеску Румыни телевидениййĕпе тухса каласа. ФНС ытти политика партийĕсен ĕçне нихçан та чарман тата вĕсене суйлав умĕнхи кĕрешÿрен кăларма хăтланман, палăртнă вăл. Пачах урăхла, çĕнĕ партисем йĕркелени — эпир халĕ ырлакан демократи процесĕпе çыхăннă.

ФНСа суйлава хутшăнтарма хирĕç пулни çинчен виçĕ парти руководителĕсем пĕрле пĕлтерни пирки каласа, ФНС совечĕн председателĕ çавнашкал чĕнсе каланисем çĕршывшăн уйрăмах хăрушă пулнине палăртнă. Паян ФНС — пĕтĕм ответлăха хăй çине илекен пĕртен-пĕр организаци. Çавăнпа та ăна çĕршыва ертсе пырас ĕçрен пăрма хăтлани йĕркесĕрлĕх патне илсе çитерме пултарать.

## Государство совечĕн указĕ

СОФИЯ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикин хĕçпăшаллă вăйĕсенче, министерствăсемпе ведомствăсен çарĕсенче, халăх милицийĕнче тата пушара хирĕç кĕрешекен вăйсенче политикăллă партисен организацийĕсене тата граждансен тĕрлĕрен общество пĕрлешĕвĕсене туса хума юрамасть. Çапла калана НРБ Государство совечĕн указĕнче.

Хĕçпăшаллă вăйсен салтакĕсем тата шалти ĕçсен министерствин органĕсенчи служащисем, срокла службăри çар çыннисемсĕр пуçне, политика партийĕсенче тата хăйсем пурăнакан вырăнсенчи граждансен пĕрлешĕвĕнче тăма пултараççĕ. Анчах вĕсен хĕçпăшаллă вăйсенче тата шалти ĕçсен министерствин органĕсенче партисемпе организацисен тĕллевĕсене пурнăçа кĕртессишĕн ĕçлеме право çук.

## Самолета тытса чарнă

ТРИПОЛИ. Джана агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Хĕвеланăç Германи влаçĕсем Майн çинчи Франкфурт хулинче Ливи пассажирсем илсе çÿрекен самолетне тытса чарнă. Ливи Джамахирийин коммуникацисемпе тивĕç транспорчĕн ыйтăвĕсемпе ĕçлекен аслă халăх комитечĕн представителĕ влаçсем аэропортра Триполи — Франкфурт маршрутпа вĕçекен «Боинг-727» самолетне тытса чарнă. Самолет экипажне арестленĕ, пассажирсене, вĕсем хушшинче вара хĕрарăмсемпе ачасем, чирлĕ çынсем те пур, самолетран кăларнă, багажне тĕрĕсленĕ. Хăшпĕр пассажирсене кÿрентернĕ, хĕненĕ.

(ТАСС).

## Норьега генерал требованийĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Панама руководителĕ пулнă Мануэль Антонио Норьега генерал хăйне тыткăна лекнĕ çар çынни вырăнне хума требовани лартнă. Генерал Америкăн оккупаци çарĕсем Панамăна тапăнса кĕнĕ вăхăтра çав çарсен командованине парăннă. Халĕ ăна США-ра наркотиксемпе чикĕ урлă вăрттăн сутă тунипе çыхăннă тесе судпа айăплаççĕ.

Флорида штатĕнчи Майами хулинче суд ларăвне Норьега генерал тумĕпе пынă. Хăйĕн адвокачĕ урлă вăл закона хирĕçле суд процесне хутшăнма килĕшменни çинчен пĕлтернĕ. Çавăн хыççăн генерал США президенчĕ Джордж Буш патне кĕске çыру янă, çырура 1949 çулта Женевăра йышăннă конвенципе килĕшÿллĕн тата 1977 çулта Женевăра алă пуснă протокол тăрăх хăйне тыткăна лекнĕ çар çынни вырăнне хума требовани лартнă.

## КĔСКЕН ТЕМТЕПĔР

### Хулăм укçи

ХАРАРЕ. Зимбабве хĕрне качча илекен ют çĕршыв каччисене малашне вырăнти авланакан каччăсем пекех, судпах хулăм укçи тÿлеттерме пуçлаççĕ. Çакăн çинчен Зимбабве генеральнăй прокурорĕ Патрик Чинамас пĕлтернĕ. Çĕнĕ хыпара республикăри хĕрсен ашшĕсем хĕрÿллĕн ырласа кĕтсе илнĕ.

Качча каяс хĕр тăванĕсем хулăм вырăнне килти выльăх-чĕрлĕх те илме пултараççĕ. Çĕнĕ кил ача çуратма пултараймасан, çав выльăха вĕсем каялла таварса пама тивĕçлĕ. Хăйĕн телейĕшĕн авланакан каччă кĕпе-тумтир, килте уса курмалли сават-сапа, çавăн пекех укçа пама пултарать.

Мăшăрланассипе тата уйрăлассипе çыхăннă нумай ыйтăва Зимбабвере, ялан тенĕ пекех, йăхсен ертÿçисем тата старейшинисем — общинă сучĕсен членĕсем татса параççĕ. Çĕршывра вĕсен полномочийĕсене йĕркелесе тăракан тивĕçлĕ законсем пур. Ют çĕршыв çыннисем, тĕпрен илсен, европеецсем, ку таранччен йăхсен законĕсене пăхăнман. Вырăнти хĕре качча илессине муниципалитет пулăшнипе йĕркеленĕ, туйне вара авланакан каччă çĕршывĕнчи законсемпе йăла-йĕрке тăрăх ирттернĕ.

### Хĕрарăм пирус туртсан

НЬЮ-ЙОРК. Пирус туртакан хĕрарăмсен, ыттисемпе танлаштарсан, чĕре чирĕпе чирлес хăрушлăх тăвата хут пысăкрах. Çакна Бостон университечĕн медицина шкулĕнче ĕçлекен специалистсем нумай пулмасть ирттернĕ çĕнĕ тĕпчевсем кăтартса панă. Хĕрарăм пирус туртма пăрахас пулсан, виçĕ çул хушшинче инфаркт пулас хăрушлăх хăварт чакать.

Нью-Йорк, Массачусетс, Коннектикут тата Род-Айленд штачĕсенчи 71 больницăра выртакан 3 пин ытла хĕрарăма тĕпчесе пăхнă. Специалистсем палăртнă тăрăх, иртнĕ 20 çул хушшинче пирус туртакан арçынсен шучĕ 51 процентран пуçласа 29 процента çити чакнă. Хĕрарăмсем вара çак киревсĕр йăлапа ытла та йывăррăн уйрăлаççĕ: çак хушăра пирус туртакан хĕрарăмсен шучĕ 33 процентран пуçласа 24 процента çити чакнă.

### Чышкăпа хăратса

БОНН. Федерациллĕ Германи Республикин çулĕсем çинче сиксе тухакан хирĕçÿллĕ лару-тăрава чылай чухне чышкăпа татса параççĕ. Пĕлтĕр кăна федерациллĕ республика сучĕсенче аварисен сăлтавĕсене е ытти хирĕçĕве татса пана чухне пĕр-пĕрне хĕнесе пĕтернĕ 5 пин çын ĕçне пăхса тухнă. Автомобильпе çÿрекен пуçтахсем Хĕвеланăç Германи обществин мĕнпур сийĕсенче тĕл пулаççĕ. Вĕçкĕн водительсем хăйсенчен хăваласа иртсе каякансене тÿсме пултараймаççĕ. Пăрăнчăкра иртсе каяс пулсан вара çакна хăйсене кÿрентерни вырăнне хурса йышăнаççĕ.

### Тăватшар йĕкĕреш

БУЭНОС-АЙРЕС. Аргентинăри Росарио хулин «Оспитал эспаньол» ятлă ача çуратмалли çуртра пĕр хĕрарăм тăвата йĕкĕреш çуратса панă. 18 сехетренех тепĕр çемьен тăвата йĕкĕреш çуралнă. Çавна май хĕрарăмсенчен пĕрне операци тума тивнĕ. Тепри хирургсем пулăшмасăрах ăнăçлă çуратнă. Çак клиникăри тепĕр хĕрарăм вара çитес кунсенче виçĕ йĕкĕреш çураласса кĕтет.

(ТАСС).

## Съездăн иккĕмĕш тапхăрĕ

БУДАПЕШТ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кунта çĕнелсе пыракан партин — Венгрири рабочисен социалистла партийĕн 14-мĕш съезчĕн иккĕмĕш тапхăрĕ пуçланнă.

Съездăн пĕлтĕрхи декабрĕн 17-мĕшĕнче ирттернĕ пĕррмĕш тапхăрĕнче делегатсем ВСРП уставне йышăннă, партин çĕнĕ руководствине суйланă.

Паян форумра ВСРПăн суйлав умĕнхи кампанийĕпе çыхăннă чи кирлĕ чылай ыйту сÿтсе яваççĕ.

*Хăй ĕçĕнче чăн ăста*

# ÇАМРĂКПА ÇАМРĂКЛА...

НУМАЯХ пулмасть «Комсомольский» совхозăн администрацийĕ çурчĕн ларусем ирттермелли залĕнче савăнăçлă пуху пулчĕ. Ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн секретарьне Мария Ефимовна Барановăна тивĕçлĕ канăва ăсатма пухăнчĕç ял ĕçченĕсем. Партком секретарĕ Е. Спиридонов, совхоза ертсе пыракансем, пĕрле ĕçлекенсем ун пирки ыррине кăна каларĕç. Савăнăç куççулне пытараймарĕ юбиляр. Ялйыш хисепĕ чуна пырса тиврĕ. Чăнах та çитĕ, халăхран уйрăлман вăл, пурнăç лавне — йывăр-и е çăмăл, — пĕрле туртнă. Пĕтĕм кунçулĕ çын хушшинче иртет.

Ĕмĕр сакки сарлака. Хурапа шурринe те, хуйхи-суйхи-савăнăçне те пайтах тÿссе ирттернĕ Мария Ефимовна. Ашшĕ фронта тухса кайнă çул çичче пуснăскер, пĕчĕклех ĕçре пиçĕхнĕ. Комсомольскинчи вăтам шкултан вĕренсе тухнă хыççăн Çĕнĕ Каçалти выльăх-чĕрлĕх ферминче пăру пăхнă.

Дубовкăри библиотекăра ĕçлекен пулманнипе кĕçех унта куçарнă, Мария культработник пулса тăнă. Ĕçленĕ хушăрах Çĕрпÿри культурăпа çутĕç училищине пĕлĕве ÿстернĕ. Ун чухне клуб заведующийĕн тивĕçне те библиотекарех пурнăçланă. Пушă вăхăтра çамрăксемпе пĕрле ял халăхне юрăташăпа, спектакльсемпе савăнтарнă, кÿршĕ ялсене тухса çÿренĕ. «Ăçта-ши çав вăхăтсем? Çамрăклăха аса илсе, атьăр пĕр-пĕр спектакль лартар», — теççĕ П. Кунин, С. Павлова тата ыттисем. Тытăнсан, пулатех-ха. Вăхăт çитменни кансĕрлет-çке. Культработниксем çамрăксемпе ытларах ĕçлеме тăрăшаççĕ. Çулланнă, пенсие тухнă çынсене тĕрлĕрен мероприятисене хутшăнтарасшăнах çунмаççĕ.

Ял Совечĕн ĕçтăвкомне куç нĕранпа вăтăр çул иртрĕ. Секретарь ĕç... [illegible] Куллен çĕр çын кĕрсе тухать пулĕ ун патне. Пĕрне справка çырса памалла. Теппи ялху ала: налогĕ тÿлеме пынă, виççĕмĕшне ачи çуралнине ĕнентерекен свидетельство кирлĕ. Е тата çамрăк çемье чăмăртанать. Вĕсене чаплă лару-тăрура регистрацилеме вырăна каймалла. Инçетре вырнаçнă ялсем ял Совечĕн территорийĕнче уллтă. Унсăр пуçне, яланхи комиссисен ĕçне те контроллесе тăмалла, сессисем, ларусем ирттерме хатĕрленмелле. Мария Ефимовна пурне те тĕплĕн те тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлама хăнăхнă. «Çамрăкпа — çамрăкла, ватăпа — ватăлла калаçма пĕлет, çынсене ăнланма пултарать», — тет ун пирки ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ Л. Сумзин.

З. СОЛОВЬЕВА.
Комсомольски районĕ.



# АСРА ТЫТМА

**ЧĂВАШ АССР ХАЛĂХ ПИСАТЕЛĔ, ПАЛЛĂ АРТИСТ ТАТА РЕЖИССЕР, РСФСР ТАВА ТИВĔÇЛĔ ВРАЧĔ, ЧĂВАШ АССР ИСКУССТВИСЕН ТАВА ТИВĔÇЛĔ ДЕЯТЕЛĔ ПЕТР НИКОЛАЕВИЧ ОСИПОВ ÇУРАЛНĂРАНПА ÇĔНЕР 90 ÇУЛ ÇИТРĔ. УНĂН ПАРХАТАРЛĂ ĔÇĔСЕНЕ ПЫСĂКА ХУРСА, ТИВĔÇЛĔ ХАК ПАРСА АТĂЛ ХĔРРИНЧЕ ВĂЛ ПУРĂННĂ БОНДАРЕВ УРАМĔНЧИ 15-МĔШ ÇУРТ ÇИНЧЕ АСĂНУ ХĂМИ УÇРĔÇ.**

Çак ятпа ирттернĕ савăнăçлă митинга уçса, Чăваш АССР Писателĕсен союзĕн правленийĕн председателĕ П. В. Афанасьев «Айтарпа» «Кушар» драмăсен, «Элкей таврашĕ» романпа ытти вун-вун произведени авторĕн пурнăçĕпе ĕçĕ-хĕлĕ, пултарулăхĕ çинчен каласа пачĕ.

Микрофон умĕнче — П. Н. Осиповпа пĕрле ĕçленĕ писательсем, врачсем, ăна лайăх пĕлнĕ артистсем, çывăх тăванĕсем. Хăйсен сăмахĕсенче Чăваш АССР халăх писателĕ Н. Т. Терентьев, Чăваш АССР сывлăха сыхлас ĕç министрĕ Н. Г. Григорьев, Н. С. Дедушкинпа Г. Я. Хлебников критик-литературоведсем, Чăваш АССР халăх артисчĕ Н. Д. Григорьев, Ф. Е. Уярпа В. И. Давыдов-Анатри писательсем, Петр Николаевичăн ывăлĕ В. П. Осипов врач нумай ăша сăмах каларĕç, вăл пурăннă хваттерте музей уçма, хулари пĕр урама унăн ятне пама кирлине палăртрĕç.

Асăну хăми икĕ пайран тăрать. Çÿлти плита çине писатель барельефне вырнаçтарнă, аялта — чăвашла, вырăсла текст. Асăну хăмине В. Н. Нагорнов скульптор проекчĕпе тунă.

**А. ВРАЖКИН.**

**⊙ Асăну хăми.**

**Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.**

*К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ май*

# СЛАКПУÇ ЮБИЛЕЕ ХАТĔРЛЕНЕТ

Чăваш литератури классикĕн юбилейĕ çывхарса пырать. Эпир ăна тивĕçлипе хатĕрленсе кĕтсе илес тĕллевпе иртнĕ çулах районта оргкомитет йĕркелерĕмĕр. Вăл ертсе пынипе чылай ĕç тунă ĕнтĕ. Уйрăмах поэт çуралнă ялта — Слакпуçĕнче. К. Иванов çурт-музейне юсаса çĕнетнĕ. Ялти Культура çуртĕнче, библиотекăра, ача садĕнче юсав ĕçĕсем иртернĕ. Мемориал зонипе паркри урамсемпе площадьсене асфальт сарнă. Асфальтлă çул халĕ Слакпуçне çитиех тăсăлать.

Поэт ялне тирпей-илем кĕртес тĕлĕшпе те ĕç аван пырать. Строительсемпе реставраторсем К. Иванов паркне, поэтсен çăлкуçне çĕнĕ сăн кĕртрĕç, ялти электролинипе водопровод пăрăхĕсене тĕпрен юсаççĕ. Чылай çĕрте кивелнĕ картана улăштарнă. Слакпуçĕнче юсав ĕçĕсем ирттерме, тирпей-илем кĕртме Пушкăрт АССР Министрсен Совечĕ, «Башнефть» тата «Башкиравтодор» производство пĕрлешĕвĕсен предприятийĕсем, Пушкăрт АССР Культура министерстви, Слакпуç ял Советĕн ĕçтăвкомĕпе «Дружба» колхоз укçа-тенкĕ уйăрчĕç. 800 пинĕпе усă курнă та ĕнтĕ. Юсав ĕçĕ тума «Башэлектромонтаж», «Башагропроммехмонтаж», «Южуралсельэлектросетьстрой», «Башнефтедорстройремонт» трестсен куçса çÿрекен мехколоннисем хастар хутшăнаççĕ.

Чăваш тата Пушкăрт педагогика институчĕсен студенчĕсем мемориал паркне, поэтсен çăлкуçне тирпей-илем кĕртрĕç, библиотекăпа ача садне юсаса çĕнетме пулăшрĕç.

Чăваш республикинчи парти тата государство органĕсемпе, общественноçпа тытăкан çыхăну çирĕпленсе пырать. Эпир ыйтнипе Чăваш АССР Госстройĕпе «Чувашгражданпроект» институт Слакпуç генпланне, мемориал паркĕпе поэтсен çăлкуçĕн ĕç проекчĕсене туса хатĕрлерĕç. Чăваш АССР Министрсен Совечĕ К. Иванов палăкĕн проекчĕсен конкурсне йĕркелесе ирттерчĕ. Слакпуçĕнче палăк лартма жюри А. П. Майраслов скульптор проектне суйласа илчĕ. Автор палăкпа ĕçлеме килĕшни çинчен пĕлтерчĕ.

Юлашкинчен хаçат вулаканĕсем патне чĕнсе калани çинчен пĕлтерер. Чăваш литератури классикĕн палăкне халăх, предприятисемпе организацисем пухнă укçа-тенкĕпе тăвас шухăш пур. Ку тĕлĕшпе Агропромбанкăн Знаменкăри уйрăмĕнче ятарласа счет уçрăмăр — 000142316-мĕш номерлĕ вăл. Пулăшу кĕтетпĕр сирĕнтен, поэтăмăрăн тусĕсем. Пархатарлă ĕçрен пăрăнса юлас марччĕ.

**В. НИКИТИН,**
**КПСС Пелепей хула комитечĕн секретарĕ, районта поэт юбилейне хатĕрленсе кĕтсе илес тĕлĕшпе ĕçлекен оргкомитет председателĕ.**
Пушкăрт АССРĕ.

# МĔН ÇИТТĔР КИЛĔШТЕРСЕ ПУРĂННИНЕ

Еншикри тулли мар вăтам шкулпа «Герой» колхоз хушшинчи çыхăну çирĕпленсех пырать. Уйрăмах пĕрремĕшпе пиллĕкмĕш комплекслă бригадăсемпе.

Шкултан пулăшу ыйтсан, эпир ыйтăва тивĕçтермесĕр хăварман. Çĕрулмипе выльăх кăшманĕ кăларма, ытти ĕçсенче те пулăшнă. Колхоз правленийĕ вара шкула кирлĕ вăхăтра транспорт, строительство материалĕсем уйăрса парать.

Тепĕр база предприятийĕ те пур пирĕн — районти тĕп больница. Медработниксем килсех çÿреççĕ шкула. Кăçал, вĕренÿ çулĕн пуçламăшĕнче, ачасен сывлăхне тĕплĕн тĕрĕслерĕç. Ашшĕ-амăшĕ те хавас пулчĕ çакăншăн. Учительсен сывлăхне те тĕрĕслесех тăраççĕ.

Ку çеç те мар. Хĕллехи каникул вăхăтĕнче, акă, учительсемпе шкулта ĕçлекенсем Шупашкара экскурсие кайса килме палăртрĕç. Автобусне ăçтан тупмалла-ха? Шефсенчен ыйтма шутларăмăр. «Хăвăр хăçан каяс тетĕр, çавăн чухне пулать автобус», — савăнтарчĕç пире. Мĕн çиттĕр пĕр-пĕрне пулăшса, килĕштерсе пурăннине!

**А. СЕЛИВАНОВ,**
**шкул директорĕн заместителĕ.**

**Патăрьел районĕ.**

# ВĂРМАРТИ ТĔЛПУЛУ

Нумай пулмасть «Хĕрлĕ ялав» хаçат редакцийĕнче «çавра сĕтел» хушшинчи калаçу пулса иртрĕ. Унта КПСС Вăрмар райкомĕн парти комиссийĕн председателĕ А. Иванов районти хуçалăхпа экономика ыйтăвĕсем çинчен кĕскен каласа пачĕ. Ун хыççăн райпо председателĕн заместителĕ Н. Бутаева суту-илÿпе çыхăннă ыйтусем çине хуравларĕ. Юлашкинчен райхаçат редакторĕ Н. Васильев хаçатăн иртнĕ çулхи ĕçĕ-хĕлĕпе паллаштарчĕ.

Калас пулать, пухăннисем çак тĕлпулу чылай тухăçлăрах иртессе кĕтнĕччĕ.

— Авторсен коллективĕпе çителĕксĕр ĕçлетпĕр. Çак ĕçе тĕпрен вăйлатни кирлĕ, — терĕ хаçат редакторĕ.

Çакă пухăва камсем хутшăннинчен те сисĕнет. Пухăннисен йышĕ сахал, вĕсен шутĕнче çамрăксем ик-виçĕ çын кăна, хĕрарăмсем вара... пĕрре те çук! Мĕншĕн çапла? Камран килет ку?

Пичет органĕсен паха опычĕпе анлăрах усă курасси çинчен тĕлпулура çивĕч калаçу пулчĕ. Юлашки вăхăтра илемлĕ литература жанрĕпе çырнă ĕçсем сахал курăнаççĕ. Ку районта литература вăйĕ иммшер пулнине пĕлтермест. Тен, район хаçатĕнче пичетленекен чи лайăх произведенисемшĕн В. Алентей ячĕпе хисепленекен премине памалла туни ĕçе чĕрĕ хăват кĕртĕ?

— Хаçат редакцине, вырăнти радиора ĕçлекенсене, общественлă корреспондентсене, редакци çумĕнчи литература пĕрлешĕвне республикăри пичет органĕсенчен, журналистсен союзĕнчен, радио комитетĕнчен пулăшу пачах та çук, — терĕç пухăва хутшăннисем хăйсен сăмахĕнче.

**А. ПЕТРОВ,**
общественлă корреспондент.
Вăрмар районĕ,
Эçпепе ялĕ.

*Инди республики — 40 çулта*

# Авалхи Мадрасра

«ЧĂВАШ ÇЫННИ — ИНДИРЕ»
ÇАК ЯТПА ПИЧЕТЛЕННĔ СТАТЬЯРА (ХАÇАТĂН ПĔЛТĔРХИ ДЕКАБРĔН 20-МĔШĔНЧЕ ТУХНĂ НОМЕРĔ) ЭПИР ЕЛЧĔК РАЙОНĔНЧИ ТУСКЕЛ ЯЛĔНЧЕ ÇУРАЛСА ÜСНĔ В. Н. ШАШКОВ ИНДИРЕ МАДРАС ХУЛИНЧЕ ТĂЛМАЧĂ ПУЛСА ĔÇЛЕСЕ ПУРĂННИ ÇИНЧЕН КАЛАСА ПАНĂЧЧĔ. ПАЯН ШАШКОВА ХĂЙНЕ СĂМАХ ПАРАТПĂР.

КĂНТĂР Индин наци хăйнеевĕрлĕхĕпе куçа шартаракан ĕлккенлĕхне кăнтăрти пĕр хула та Мадрас пек таранăн кăтартса параймасть пулĕ.

Индири калăпăшĕпе тăваттăмĕш вырăнта тăракан хула, Тамил Наду штачĕн столици, кăнтăрти юрăпа ташă, искусствăпа кино центрĕ, Индин кăнтăрти пайĕн хапхи пулса тăракан Мадрас — илемлĕхпе çепĕçлĕхĕн чĕрĕ пуянлăхĕпе çиççе тăракан хула.

Мухтавлă тĕрлĕ традицисемпе пуян Мадрас — çамрăк хула. Хуласен çулне пиншер çулсемпе палăртакан çĕршывра Мадрас пурĕ те 350 çулта çеç. Çак паллă куна пĕлтĕрхи июлĕн 22-мĕшĕнче савăнăçлăн паллă турĕç. Пулăççен çак пĕчĕк поселокне акăлчан купцисем 1689 çулта суйласа илнĕ. Ирĕнĕ пир-авăр туявма ансат пулнă ун чухне кунта. Каярахпа пысăках мар суту-илÿ пункчĕ пулнă Мадрас. Кунта Индири пĕрремĕш акăлчан шкулне уçнă тата колонири пĕрремĕш муниципи корпорацине туса хунă. Инди çари ...

ри ĕçсене тарçă хĕрарăмсене е арçынна хутшăнтармаççĕ, апат хатĕрлесси — йăлтах кил хуçи хĕрарăмĕн ĕçĕ. Мадрасра, тĕпрен илсен, тамилсем пурăнаççĕ. Авалхи йăла-йĕркене çирĕп ĕненеççĕ. Çавăнпа та хăйсен кашни утăмне, туй пĕркенчĕкĕ туяннинчен пуçласа çĕнĕ хваттере куçни тара...

...рĕн эрăри 52-мĕш çулта Мадраса куçса килнĕ, кунта çÿллĕ сăрт çинче асапланса вилнĕ. Халĕ çав сăрта Таса Фома сăрчĕ теççĕ, темиçе çул каярах ăна Инди Апостолĕ тесе пĕлтернĕ. Çавна май çакна каласа хăвармалла. Турра ĕненесси — Инди халăхĕсен пĕрремĕш тивĕç. Храма е чиркĕве ата-пушмака хывмасăр кĕртмеççĕ. Пĕррехинче, Канчикурам ятлă хулана экскурсие кайсан, пĕр храма кĕнĕ чух, пирĕн пĕр вырăс хĕрарăмĕ урине хывмасăр кĕнипе чутах пур халăха та хăваласа кăларса яратчĕç. Юрать-ха, хĕрарăмĕ хăех ăнкарса илчĕ мĕн тувăл япала пирĕн çук, 5—10 минутранах тупса килетпĕр», тесе шантараççĕ те кÿршĕ лавккана е паллаканни патне чупаççĕ. Чăнах та, мĕн кирлĕ, çавна туянатăн.

Ене выльăха турă выльăхĕ тесе шутлаççĕ. Пĕчĕк ялта-и, пысăк хулара-и, пур çĕрте те урамсенче, çул варринчех ĕнепăру выртать пулсан, вĕсене никам та хăваламасть, водительсем, ĕнесене таптас мар тесе, вĕсен çумĕпе хуллен çеç иртеççĕ.

Тамилсенчен ытларахăшĕ нумай пĕлме, çынсемпе хутшăнса калаçма юратать. Автобуспра вĕсемпе юнашар ларса пы...

...нах, ăнăçлă е ăнăçсăр сехетсен календарĕ тăрăх палăртаççĕ. Календарь-альманах икĕ тĕрлĕ, пĕри—«Рагукалам», тепри — «Ямакандам» ятлă. Пĕр-пĕр ĕçе ăнăçсăр сехетре пуçлас пулсан, кĕтсех тăр: вăл вĕçне çитеймест, тата ăнăçлă пулса тухаймасть. Ăнăççăр тапхăрсем икĕ календарĕпе те кашни кунах 1,5 сехете пырать...

...маллине — хăвăртрах урипчи пушмакне аллине илчĕ.

ЯЛХУÇАЛĂХ штачĕн столици пулса тăракан Мадрасра промышленноçăн хăшпĕр отраслĕсем те аталаннă. Алăпа тĕртекен пурçăнпа, пир-авăрпа ытти алĕçĕпе чапа тухнă хула çавăн пекех Индири чи пысăк ...

...рас пулсан, вăл сăнпа пĕр харăсах темиçе ыйтупа калаçма пултарать. Калаçу хыççăн вăл эсĕ мĕн ятлине, кам пулса ĕçленине, мĕн чухлĕ ĕçлесе илнине, миçе ачаллине, политика çинчен мĕн шутланине йăлтах пĕлет. Мадрасра пурăнакансен —ешĕл тавралăха юратакансен — чи пĕчĕк картишĕнче ...

Спорт ~~~ Спорт

# РИНГА ТУХМАСТЬ ПУЛИН ТЕ

Чăваш спортсменĕсем тĕрлĕ çулсенче тупă пысăк çитĕнÿсем çинчен тăван республика хăйĕн 70 çулхи юбилейне хатĕрленнĕ кунсенче эпир час-часах аса илетпĕр. Олимп вăййисенче, тĕнче тата Европа чемпионачĕсенче палăрнă ентешсем хушшинче СССР тава тивĕçлĕ спорт мастерĕ Валериан Соколов, пирĕн шутпа, уйрăмах хисеплĕ вырăнта. Мĕншĕн тесен вăл Олимп чемпионĕн ылтăн медальне пуçласа çĕнсе илме вăй-хал çитерчĕ. Унтанпа, 1968 çултанпа, сахал мар вăхăт иртрĕ ĕнтĕ.

— Физкультурăпа спортран эпĕ халĕ те писмен, — теме пултарать педагогика наукисен кандидачĕ В. С. Соколов.

Паллах, 44 çулхи подполковник пали боксер перчеткисем тăхăнса ринга ăмăртма тухмасть ĕнтĕ. Унăн халĕ урăхларах тĕллев тата пархатарлă ĕç: чăтăмлă та тÿсĕмлĕ пулма, йăстăлăха алла илме ыттисене вĕрентесси. Шупашкартан Мускава пурăнма куçса кайсан, Валериан Сергеевич адъюнктурăран ăнăçлă вĕренсе тухнă, Совет Çарĕн Тĕп спорт клубĕ çумĕнчи лабораторире наука сотрудникĕнче ĕçленĕ, СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсен главнă тренерĕ пулнă. Юлашки виçĕ çул хушши инçетри ятарлă командировкăра — Мадагаскар республикинче.

— Çемьепех Мадагаскар утравĕ çинче пурăнатăп, — каласа парать отпускра тăван Чăвашьене курма килнĕ ентешĕмĕр. — Ĕçĕм-хĕлĕм пĕтĕмпех Мадагаскар çамрăкĕсене, вăл шутран çар çыннисене те, тĕрлĕ енлĕ аталанма пулăшассипе çыхăннă. Бокс вăрттăнлăхне, кĕрешме тата ытти хăнăхусене вĕрентетĕп. Отпуска килмесĕр виçĕ çул ытла аякра пурăнса, самаях тунсăхласа çитрĕмĕр. Хамăн тăван ялта Вăрмар районĕнчи Пиперте, Шупашкарта тăвансемпе, тустантăшсемпе тĕл пулса ăшшăн калаçрăм...

Отпускăн ытларах пайĕ В. Соколовăн, паллах, Мускавра иртет. Февраль варринче вăл каллех Мадагаскара тухса каять. Ăнăçусем сунар ăна.

**Ю. ДЕМИН.**



Ÿкерчĕк çинче: тава тивĕçлĕ спорт мастерĕ В. Соколов Шупашкарта.

С. Игнатьев фотоÿкерчĕкĕ.

ТЕННИСЛА ВЫЛЯСА

«ВОЛЖАНКА» ÇĔНĔ СЕЗОН УМĔН

# ЮЛАШКИ КОЛОНКА

## «Ăсчахсен ялĕ»

Кафр аль-Мусыльху ялне мĕн ĕлĕкренех «ăсчахсен ялĕ» тенĕ: Кунта çемье авторитетне укçа-тенкĕ, пурлăх, выльăх-чĕрлĕх тăрăх мар, пĕлĕве кура палăртаççĕ. Çавăнпа ял çыннисем мăнаçланаççĕ. Ку ялта пурăнакансем пурте вуламасăрма пĕлеççĕ.

Нил юханшывĕн аялти пайĕнче мĕн ĕлĕкренех халăх йышлăн пурăннă. Кунти çемьесем йышлă пурăннă пулин те, вĕсен çĕр лаптăкĕ пĕчĕк пулнă. Пурин валли те ĕç тупма та çăмăл мар. Çавăнпа ял çыннисем чи пысăк пулнлăх — пĕлÿ, тесе шантараççĕ. Унăн хакĕ нихçан та ÿкмест, вăл Нил мĕнле сарăлнине те, çанталăк мĕнле тăнине те пăхăнмасть. Пĕлÿ илесси çине тимлĕ пăхни çакăнтан та курăнать: пирĕн ĕмĕрĕн 20-мĕш çулĕсенчен пуçласа çак пысăках мар ял çĕршыва 131 министр панă. Кунтан культура деятелĕсем, паллă çар çыннисем тухнă. Египетăн хальхи президенчĕ Х. Мубарак та çак ялтах çуралнă.

## Мухаммед паспорчĕсем

Бахрейн çынни Мухаммед Иса Ахмед пĕр авиакомпанире курьер пулса ĕçлет. Кунта нимĕн те тĕлĕнмелли çук, анчах çак ĕçре те вăл палăрма ĕлкĕрнĕ. Хăйĕн фиомич ĕçлĕ сырăвĕсене Сывăх Хĕвелтухăç. Европа, Кăнтăр-Хĕвелтухăç Ази çĕршывĕсене ситерсе парса, вăл юлашки вунă çул хушшинче кăна 2 пин хута яхăн тĕрлĕ çĕршывсене кайса килнĕ. Кашни каймассерен паспорт синче ятарлă паллă тунă пирки халĕ унăн 40-мĕш паспорчĕ те тулса ситнĕ. Хăйĕн рекордне Мухаммед сырса çирĕплетсе хăварма васкамасть, халлĕхе вăл ку ĕçе пăрахма шутламасть. Паспортсен хисепĕ вара ÿссех пырать.

## Харăсах 151 сигарет

Пысăк Çăвар ят панă Джим Парол американец харăсах 151 сигарет туртса яма пултарнă. Тĕнчен çĕнĕ рекордне вăл Голливудра тунă. Шăпах çав кун Пĕрлешÿллĕ Штатсенче никотина хирĕçле кампани ирттернĕ пулнă. Джим Парол вара çак кампание хăйне евĕр хутшăннă. Сăмах май, рекордсмен хăй туртмасть. Çак утăма вăл табак туртни мĕн тери киревсĕр йăла пулнине кăтартма тунă.

## Пилĕк хушаматлă ача

Швецири пĕр пилĕк çулхи ачан халех ĕнтĕ пилĕк хушамат. Кунта, паллах, ун айăпĕ мар: ашшĕ-амăшĕсем «тăрăшнă». Çуралсассăнах ăна тÿрех икĕ хушаматпа — ашшĕн тата амăшĕн хушамачĕсемпе сыртарнă. Анчах кайран, ансатрах пултăр тесе ашшĕн хушаматне çеç хăварнă. Çемье арканнă хыççăн амăшĕ ăна хăйĕн хĕр чухнехи хушамачĕ çине çыртарнă. Ача амăшĕ иккĕмĕш хут качча тухсан вăл тăван мар ашшĕн хушамачĕпе çÿреме тытăннă, анчах малтанхи упăшки кÿреннипе çакăншăн суда панă. Суд унăн ыйтăвне тивĕçтернĕ: ачан хушаматне пиллĕкмĕш хут улăштарнă.

## Ăшăтакан атă-пушмак

Италире декабрь уйăхĕнчен пуçласа февральччен юрлă-сумарлă, сиплĕ санта-...

...ĕлккеллĕхне кăнтăрти пĕр хула та Мадрас пек тарăннăн кăтартса параймасть пулĕ.

Индири калăпăшĕпе тăваттăмĕш вырăнта тăракан хула, Тамил Наду штачĕн столици, кăнтăрти юрăпа ташă, искусствăпа кино центрĕ, Индин кăнтăрти пайĕн хапхи пулса тăракан Мадрас — илемлĕхпе çепĕçлĕхĕн чĕрĕ пуянлăхĕпе çиççе тăракан хула.

Мухтавлă тĕрлĕ традицисемпе пуян Мадрас — çамрăк хула. Хуласен çулне виçтер... çулсемпе палăртакан çĕршыври Мадрас пурĕ те 350 çулта çеç. Çак палла куна пĕлтĕрхи июлĕн 22-мĕшĕнче савăнăçлăн паллă турĕç. Пулăççен çак пĕчĕк поселокне акăлчан купцисем 1689 çулта суйласа илнĕ. Йӳнĕ пир-авăр туянма ансат пулнă ун чухне кунта. Каярахпа пысăках мар суту-илӳ пункчĕ пулнă Мадрас. Кунта Индири пĕрремĕш акăлчан шкулне уçнă тата колонири пĕрремĕш муниципа корпорацине туса хунă. Инди çарне йĕркеленĕ, ытти пысăк улшăнусем кĕртнĕ. Тĕрĕссипе, акăлчансем кунта Бомбей хулине ситиччен — 25 çул. Калькуттăна туса хуриччен 50 çул маларах вырнаçнă. Дели вара европеецсем çирĕп кĕрсе вырнаçнă хуласен шутĕнче тăваттăмĕш вырăнта çеç тăрать.

МАДРАС, вăйлă аталанса пынă пулин те, авалхи йăла-йĕркесене манăçа хăварман. Çакă вăл çынсем çĕннине йышăнасшăн пулманнипе кăна мар, ĕмĕрсем хушши тĕрĕсленнĕ паха та ырă йăла-йĕрке, кĕпе-тумтир хальхи пурнăçра та юрăхлă пулнине, никама та чăрмантарманнине чăнласах ăстăнпа ăнланнипе те çыхăннă пулĕ. Сăмахран, колледжсенче вĕренекен студентсем ку чухнехи мода хыççăн кайма тăрăшмаççĕ, ытларах йăлана кĕнĕ халăх тумĕпе çӳреме юратаççĕ. Фабрикăсенче туса кăларнă... япаласемпе — хăвăрт ирĕлекен кофе е маринадланă хăяр-и вăл — шутсăр асăрханса усă кураççĕ. Хĕрарăмсем вара, чухăн е пуян çемйинче-и — пурпĕрех — кухньă-

...кил хуçи хĕрарăмĕн çĕç. Малкил хуçи хĕрарăмĕн çĕç. Малрасра, тепрен илсен, тамилсем пурăнаççĕ. Авалхи йăла-йĕркене çирĕп ĕненеççĕ. Çавăнпа та хăйсен кашни утăмне, туй пĕркенчĕкĕ туянниччен пуçласа çĕнĕ хваттере куçни тара-

# Инди республики — 40 çулта

# Авалхи Мадрасра

нах, ăнăçлă е ăнăççăр сехетсен календарĕ тăрăх палăртаççĕ. Календарь-альманах икĕ тĕрлĕ, пĕри—«Рагукалам», тепри — «Ямакандам» ятлă. Пĕр-пĕр ĕçе ăнăççăр сехетре пуçлас пулсан, кĕтсех тăр: вăл вĕçне çитеймест, тата ăнăçлă пулса тухаймасть. Ăнăççăр тапхăрсем икĕ календарĕпе те кашни кунах 1,5 сехете пыраççĕ. Халĕ тамилсемпе индуссем çеç мар, урăх тĕне ĕненекен ытти çынсем те çак календарьсемпе усă кураççĕ.

МАДРАСАН тепĕр енĕпе паллаштарса, çакна палăртмалла: вăл Индири социаллă революци шурăмпуçне кĕтсе илнĕ пĕрремĕш штат пулнă. 50-мĕш çулсен пуçламăшĕнче пуянсене хирĕç тăракан «Хăйсене хисеплекенсен юхăмĕ» йĕркеленнĕ, каярах вăл Дравид Кажагам партине туса хунă. Партире тăракансем хăйсен манифестĕнче атеизм, хĕрарăмсене пĕр тан правасем парасси, çынсене пуянсемпе чухăнсем (кастăсем) çине пайлассине хирĕç тăрасси тĕп вырăнта пулни çинчен пĕлтернĕ. Тамил Наду штачĕ хальхи вăхăтра та рабочисенчен тухнă, правительство членĕн шайне çитнĕ çынсем ертсе пыракан пĕртен-пĕр штат.

Тĕн шухăшлавĕ аваллăхпа çыхăннă Мадрасра Иисус Христос вĕренекенĕсем пурăнни синчен илтсен, туристсем те тĕлĕнеççĕ. Историре çырса хăварнă таса Фома — Христосăн «иккĕленекен» вĕренекенĕ, пи-

рам ятла ... кайсан, пĕр храма кĕнĕ чух, пирĕн пĕр вырăс хĕрарăмĕ урипе хывмасăр кĕнипе чутах пур халăха та хăваласа кăларса яратчĕç. Юрать-ха, хĕрарăмĕ тухĕх ăнкарса илчĕ мĕн ту-

маллине — хăвăртрах уриччи пушмакне аллине илчĕ.

ЯЛХУÇАЛАХ штачĕн столици пулса тăракан Мадрасра промышленноçăн хăшпĕр отраслĕсем те аталаннă. Алăпа тĕртекен пурçăнпа, пир-авăрпа ытти алĕçĕпе чапа тухнă хула çавăн пекех Индири чи пысăк тир-сăран промышленноçĕпе, тĕнче рынокне тухакан хатĕр япаласемпе мухтанма пултарать. Ытти отраслĕсен шутĕнче автомобильпе каучук промышленноçне палăртса хăвармалла. Урăх çĕршывсене çак штат тĕрлĕ йышши продукт —сандал йывăççин сĕткенĕ, çĕр майăрĕ, çын çӳçĕ, тинĕс çимĕçĕсем, модăллă кĕпе-тумтир ăсатать.

Туристсемшĕн Мадрас — халиччен курман тĕлĕнтермĕшсемпе паллаштаракан, халиччен туйман çепĕçлĕхе туйтаракан асамлă хула. Кунта сире авалхи храмсен илемлĕхĕ тыткăна илет, Карнатаки музыки чуна çемçетет.

Искусствăна юратакансем — фильмсемпе, ташăпа музыка концерчĕсемпе, историксем авалхи храмсемпе тата палăксемпе киленнĕ вăхăтра тавар туянма кăмăл тăвакансем экзотикăллă япаласен хуçи пулса тăма пултараççĕ. Магазин-лавккана кĕме ĕлкĕрейместĕн, «Сире мĕн кирлĕ? Ку кирлĕ мар-и? Ак çак кирлĕ мар-и?» — тесе чупса пыраççĕ. Кирлĕ япала çук пулсан: «Кĕтсе ларăр кăштах,

тесе, вĕсен çумĕпе хуллен çеç иртеççĕ.

Тамилсенчен ытларахăшĕ пумай пĕлме, çынсемпе хутшăнса калаçма юратать. Автобусра вĕсемпе юнашар ларса пырас пулсан, вăл санпа пĕр харăсах темиçе ыйтупа калаçма пултарать. Калаçу хыççăн вăл эсĕ мĕн ятлине, кам пулса ĕçленине, мĕн чухлĕ ĕçлесе илнине, миçе ачаллине, политика çинчен мĕн шутланине йăлтах пĕлет. Мадрасра пурăнакансен —ешĕл тавралăха юратакансен — чи пĕчĕк картишĕнче те банан е кокос пальми ӳсет. Тĕп çулсем хĕррипе нумай-нумай качака, ĕне çӳрет.

КАШНИ кĕтесре тенĕ пекех тутлă шăршă саракан пĕчĕк «удипи»-ресторансем. Вĕсем классика ташшипе ĕмĕрхи храмсем пекех, хальхи Мадрасăн кулленхи сăн-сăпачĕ шутне кĕреççĕ. Кунта урамри сутуçăсем чĕрĕ шурă жасьминсенчен çыхнă чечек кăшăлĕсем туянма сĕнеççĕ. Пĕчĕк лавккасăсем пӳрнеске пек пĕчĕк савăт-сапаран пуçласа пысăк пичке таранах сутаççĕ. Çамки çине илемлĕ сăрпа пăнчă ӳкернĕ хĕрарăмсем пахчаçимĕç пасарне кайнă чухне çуллахи чи шăрăх кунсенче те хăйсен пурçăн сарине тăхăнаççĕ.

Çаксене тата нумай-нумай тĕлĕнтермĕш курма пулать хĕллехи вăхăтра ăшă, ытти вăхăтра вара шăрăхран та шăрăх çанталăк тăракан авалхи Мадрасра.

В. ШАШКОВ,
И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн аслă преподавателĕ.

...шĕн тесен вăл Олимп чемпионĕн ылтăн медальне пуçласа çĕнсе илме вăй-хал çитерчĕ. Унтанпа, 1968 çултанпа, сахал мар вăхăт иртрĕ ĕнтĕ.

— Физкультурăпа спортран эпĕ халĕ те писмен, — теме пултарать педагогика наукисен кандидачĕ В. С. Соколов.

Паллах, 44 çулхи подполковник паян боксер перчеткисем тăхăнса ринга ăмăртма тухмасть ĕнтĕ. Унăн халĕ урăхларах тĕллев тата пархатарлă ĕç: чăтăмлă та тӳсĕмлĕ пулма, ăсталăха алла илме ыттисене вĕрентесси. Шупашкартан Мускава пурăнма куçса кайсан, Валериан Сергеевич адъюнкту-

...ласа парать отпускра тăван Чăвашъене курма килнĕ ентешĕмĕр. — Есĕм-хĕлĕм пĕтĕмпех Мадагаскар çамрăкĕсене, вăл шутран çар çыннисене те, тĕрлĕ енлĕ аталанма пулăшассипе çыхăннă. Бокс вăрттăнлăхне, кĕрешме тата ытти хăнăхусене вĕрентетĕп. Отпуска килмесĕр виçĕ çул ытла аякра пурăнса, самаях тунсăхласа çитрĕмĕр. Хамăн тăван ялта Вăрмар районĕнчи Пинерте, Шупашкарта тăвансемпе, тустантăшсемпе тĕл пулса ăшшăн калаçрăм...

Отпускăн ытларах пайĕ В. Соколовăн, паллах, Мускавра иртет. Февраль варринче вăл каллех Мадагаскара

тухса каять. Ăнăçусем сунар ăна.

Ю. ДЕМИН.

Ӳкерчĕк çинче: тава тивĕçлĕ спорт мастерĕ В. Соколов Шупашкарта.

С. Игнатьев фотоӳкерчĕкĕ.

## ТЕННИСЛА ВЫЛЯСА

Шупашкарта арçынсемпе хĕрарăмсем хушшинче теннисла выляса çĕршывра мала тухмалли ăмăртусен зонăри турнирĕ пулса иртрĕ.

Çĕнтерӳçĕсен ятне тĕнче класлă спорт мастерĕсем И. Подкосовпа Е. Тимина (Мускав), Т. Калугина (Горький) тата спорт мастерĕ А. Мурзов (Куйбышев) тивĕçрĕç. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене тухнă И. Минкевичпа Д. Переверзев, С. Кульковпа А. Гребенцов, Т. Вуткаревăпа О. Кущ, Н. Ошукопа О. Алексеева та финала каяççĕ.

— Пурте — питĕ ăста спортсменсем, — терĕ Шупашкарти олимп резервĕн спорт шкулĕн наставникĕ, РСФСР тава тивĕçлĕ тренерĕ Е. Леонтьев. —Пирĕн çамрăк теннисистсем, спорт мастерĕн кандидачĕсем Е. Яковлева, И. Дементьева, А. Афонин тата Д. Алексеев питĕ тăрăшса вылярĕç. Анчах çĕнтерӳçĕсемпе тан вăй виçме опыт сахалрах-ха вĕсен. Ăмăртусене ытларах хутшăнсан, вĕренсе пырсан, ăсталăхĕ чылай ӳсессе шанма пулать.

В. ТАЛДЫКИН.

## «ВОЛЖАНКА» ÇĔНĔ СЕЗОН УМĔН

Футболла вылякан хĕрарăмсен командисем кăçалтан пуçласа çĕршыв чемпионатне хутшăнаççĕ. Унта вылякан командăсене виçĕ ушкăна, урăхла каласан, тĕрлĕ лигăсене уйăрнă. Аслă тата пĕрремĕш лигăсенче вылякан командăсем пĕр-пĕринпе икшер хут (килте тата хăнара) тĕл пулаççĕ.

Аслă лигăра кăçал пурĕ 24 команда вылямалла. Вĕсене икĕ зонăна уйăрнă. Иккĕмĕш зонăна çак коллективсене кĕртнĕ: «Бакинка» (Баку), «Волжанка» (Шупашкар), «Грация» (Алма-Ата), «Арена» (Киев), «Легенда» (Чернигов), СиМ (Мускав), «Дебют» (Харьков), «Текстильщик» (Мускав облаçĕнчи Раменское), «Самарский» (Днепропетровск), «Котон» (Каунас), «Нива» (Гродно), «Надежда» (Могилев).

Кашни зонăра юлашки виçĕ вырăна юлнă командăсем пĕрремĕш лигăна куçаççĕ, вĕсем вырăнне пĕрремĕш лигăри зонăсенче малти виçĕ вырăна тухнă коллективсем йышăнаççĕ. Пĕрремĕш лигăри зонăсенче юлашки икĕ вырăна юлнă командăсем иккĕмĕш лигăна куçаççĕ.

Аслă лигăри зонăсенче 1—9-мĕш вырăнсене йышăннă командăсем лигăра кам мĕнле вырăн йышăннине палăртма уйрăм йĕркепе пĕр-пĕринпе тĕл пулаççĕ.

Хĕрарăмсен командисен матчне икĕ таймпа ирттереççĕ, кашни тайм 35 минута тăсăлать.

Аслă лигăри командăсем чемпионата апрелĕн 22-мĕшĕнче пуçлаççĕ. Çирĕплетнĕ календарь тăрăх çав кун «Волжанка» Бакура «Бакинка» командăпа тĕл пулать. Иккĕмĕш турта, майăн 2-мĕшĕнче, «Волжанка» Шупашкарта Могилеври «Надежда» командăна йышăнать.

Шупашкарти В. И. Чапаев ячĕпе хисепленекен производство пĕрлешĕвĕнчи спортклубăн команди çĕнĕ сезона хатĕрленме иртнĕ çулхи декабрьтех тытăннă.

А. ПАВЛОВ.

...пĕри киревсĕр кала... пулнине кăтартма тунă.

## Пилĕк хушаматлă ача

Швецири пĕр пилĕк çулхи ачан халех ĕнтĕ пилĕк хушамат. Кунта, паллах, ун айăпĕ мар: ашшĕ-амăшĕсем «тăрăшнă». Çуралсассăнах ăна тӳрех икĕ хушаматпа — ашшĕн тата амăшĕн хушамачĕсемпе çыртарнă. Анчах кайран, ансатрах пултăр тесе ашшĕн хушаматне çеç хăварнă. Çемье арканнă ... хыççăн амăшĕ ... хĕр чухнехи хушамачĕ çине çыртарнă. Ача амăше иккĕмĕш хут качча тухсан вăл тăван мар ашшĕн хушамачĕпе çӳреме тытăннă анчах малтанхи упăшки кӳреннипе çакăншăн суда панă. Суд унăн ыйтăвне тивĕçтернĕ: ачан хушаматне пиллĕкмĕш хут улăштарнă.

## Ăшăтакан атă-пушмак

Италире декабрь уйăхĕнчен пуçласа февральччен юлă-сумăрлă, сиввĕ çанталăк тăрать. Ăшша хăнăхнă итальянецсемшĕн çакă та ... Çавăнпа та икĕ инженер атă-пушмака электричествăпа ăшăтмалла туни пурне те интереслентернĕ. Темиçе миги илнĕ хыççăн çак атă-пушмак талăкĕпех урана ăшă парса тăрать. Изобретательсем шутланă тăрăх, вĕсен конструкцине кирекмĕнле атă-пушмака та вырнаçтарма пулать. Анчах, тĕлĕнмелле изобретенипе паллаштарса, вĕсем унăн хакĕ çинчен калама «манса кайнă». Ку ыйту вара итальянецсемшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ. мĕншĕн тесен кунта хĕллехи атă-пушмакăн хăшпĕр тĕсĕсем чи çĕнĕ йышши икĕ кассетăллă магнитофонсенчен те хаклăрах.

Г. Яковлев ӳкерчĕкĕ.

## ÇАНТАЛĂК

Синоптиксем çапла пĕлтерчĕç: паян кăнтăрла пирĕн республикăра пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, вăхăт-вăхăтпа кăштах йĕпе юр çăвать. Çил кăнтăр-хĕвеланăçĕнчен çеккунтра 7—12 метр хăвăртлăхпа, кассăн-кассăн 15 метр таран хăвăртлăхпа вĕрет. Сывлăш температури республикăра 2 градус ăшă — 3 градус сивĕ, Шупашкарта 1 градус ăшă — 1 градус сивĕ пулать. Вырăн-вырăнпа çул пăрлакланать.

## ТЕЛЕВИДЕНИ

ВЫРСАРНИКУН.
ЯНВАРĔН 28-МĔШĔ
ПĔРРЕМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Спорт пурин валли те.
8.15 — Ритмикăлла гимнастика.
8.45 — «Спортлото» тиражĕ.
9.00 — «С утра пораньше». Ачасем валли хатĕрленĕ передача.
10.00 — Тăван çĕршыв службинче.
11.00 — Ирхи савăнăçлă программа.
11.30 — Сулсӳревçĕсен клубĕ.
12.30 — Музыка киоскĕ.
13.00 — Çĕнтерӳ тунăранпа 45 çул çитнĕ тĕле. 4 сериллĕ илемлĕ телефильм. «Вызываем огонь на себя». 3-мĕшпе 4-мĕш серисем.
15.25 — Сывлăх.
16.10 — «Ял пурнăçĕ» панорама.
17.25 — «Марафон-15».
19.00 — Вырсарникунхи кинозал.
19.45 — «Свободное падение». Илемлĕ фильм.
21.00 — «7 кун».
22.00 — «Мысли о вечном».
22.15 — Чайковский симфонийĕсем. 2-мĕш симфони.
23.05 — Шыв çинчи поло. Тĕнчери турнир.

ИККĔМĔШ ПРОГРАММА

8.00 — Зарядкăна тăрăр!
8.15 — Тĕп телевиденипе Пĕтĕм Союзри радион симфонипе эстрада музыкин оркестрĕ калать.
8.45 — РСФСР хулисен телестудийĕ. «Свет мой безмерный». Тюменьрен.
9.20 — «Валентин и Валентина». Илемлĕ фильм.
10.50 — «Земля тревоги нашей». Документлă фильмсем.
11.30 — Сулсӳревçĕсен клубĕ.
12.30 — Экран çинче — 01 служби.
12.55 — Концерт.
13.20 — Украина ССР Гостелерадио. «Сĕнетӳ тапхăрĕнчи район ĕçĕ-хĕлĕ». Киевран.
13.50 — Концерт.
14.30 — «Советская Россия» видеоканал.
17.00 — Планета. Тĕнчери программа.
18.00 — «Расскажите сказку, доктор». Мультфильм.
18.40 — «Карман России». Документлă телефильм премьери.
19.00 — СССР халăх артисчĕн А. Днишевăн концерчĕ.
20.00 — Ырă кăç пултăр, ачасем!
20.15 — «Атлетизм-90».
21.00 — «7 кун».
22.00 — Союзлă республикăсен студийĕсен фильмĕсем. «Эта опасная дверь на балкон» (Рига).
23.35 — Эпир пурăнакан тĕнче. В. Виноградов режиссер фильмĕсем. «Мои современники» (Ленинград).

## ТЕАТР

К. В. ИВАНОВ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО АКАДЕМИ ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 28-мĕшĕнче 12 сехетре «Праски инке хĕр парать» комеди, каçхине «Каçар мана» драма, январĕн 30-мĕшĕнче «Хĕвелсĕр» пьеса.

ЧĂВАШ ГОСУДАРСТВО МУЗЫКА ТЕАТРĔ — январĕн 28-мĕшĕнче 11 сехетре «Доктор Айболит» юмах-балет, февралĕн 1-мĕшĕнче «Тысяча и одна ночь» балет.

РЕСПУБЛИКĂРИ ВЫРĂС ДРАМА ТЕАТРĔ — январĕн 28-мĕшĕнче «Жизнь и необычайные приключения солдата Ивана Чонкина» халăх драми, январĕн 30-мĕшĕнче «Камерный» театр Лаврентия Берии» шарж.

ЧĂВАШ ÇАМРĂКĔСЕН ТЕАТРĔ — январĕн 29-мĕшĕнче «Ялта» драма.

Спектакльсем 19 сехетре пуçланаççĕ.

## КИНО

«СЕСПЕЛЬ» — Кăвак зал: «Однажды в Америке» — 9.00, 15.00, 19.00; «Высокий блондин в черном ботинке» — 13.00; ыран «Однажды в Америке — 9.00, 13.00; шоу-представлени — 18.00 20.00. Кĕрен зал: «Ночные воришки» — 9.00, 10.50, 12.40, 15.30, 17.20, 19.10, 21.00; «Разведенные мосты» х/д фильм — 14.20; ыран «Нечистая сила» — 9.00, 11.40, 14.30, 17.15, 20.00. Кинозал: «Две стрелы» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ОКТЯБРЬ» — «Чернобыль Хроника трудных недель» х/д фильм — 9.00; «Однажды в в Америке» — 10.15, 14.30, 18.40; ыран «Хон Гиль Дон» — 9.00; «Нечистая сила» — 11.10, 13.40, 16.10; «Однажды в Америке» — 18.40.

«ПОБЕДА» — Пысăк зал: «Месть и закон» — 9.00, 11.30, 14.30, 17.30, 20.00; ыран «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 10.30, 12.30; «Любовный недуг» — 14.30, 17.30, 20.00. Вăтам зал: «К сокровищам авиакатастрофы» — 10.00, 12.00, 14.00, 16.00, 18.00, 20.30; ыран «Леди Макбет Мценского уезда» — 10.00, 12.00, 14.00, 16.30, 18.30, 20.30. Пĕчĕк зал: «Один среди своих» — 9.00, 21.00; «Трагедия в стиле рок» — 11.00, 14.00, 17.00; ыран «В крайнем случае я тебе ничего не скажу» — 15.00, 19.00, 21.00; «Роман с камнем» — 11.00, 13.00, 17.00; «Город Зеро» — 9.00.

«МИР» — «Леди Макбет Мценского уезда» — 9.00, 10.30, 16.00 (концерт); «Конвой» — 12.00, 14.00, 18.45; «Смиренное кладбище» — 20.40; ыран «Крылатый мастер — 9.00, 10.30; «Дайте нам мужчин!» — 12.00, 14.00; «Самрат» — 16.30, 19.30.

«СОКОЛ» — «Жикина династия» — 10.00, 11.30, 16.00, 18.00, 20.00; «Всех за решетку» — 13.00; ыран «Жизнь по лимиту» — 10.30, 12.30; «Месть и закон» — 14.30, 17.00, 19.30.

«ЛУЧ» — «Шарло» в Испании» — 16.00, 18.00, 20.00; ыран «Смиренное кладбище» — 16.00, 18.00, 20.00.

«ЮНОСТЬ» — «Зита и Гита» — 9.00, 12.00, 15.00, 17.30, 20.00; ыран «Полет навигатора», «Защитник Седов» — 12.00, 15.00, 17.30, 20.00.

«САЛЮТ» КУЛЬТУРА КЕРМЕНĔ — «Если ты не со мной» — 17.00, 20.00; ыран «Кулаки во тьме» — 18.00, 20.00.

1990 çулхи январь-апрель уйăхĕсенче хулари райĕçтăвкомсенче, предприятисенче, учрежденисенче, организацисенче тата пурăнмалли çурт-йĕр тăвакан кооперативсен пĕрлешĕвĕнче пурăнмалли çурт-йĕр условийĕсене лайăхлатмашкăн черетре тăракан граждансене çĕнĕрен регистрацилеççĕ. Райĕçтăвкомсенчи, ĕçлекен вырăнти профсоюз комитечĕсенчи тата ЖСК пĕрлешĕвĕнчи пурăнмалли çурт-йĕре шута илес тата валеçес енĕпе ĕçлекен инспекторсем патне пымалла.

ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ĔÇТĂВКОМĔН ПУРĂНМАЛЛИ ÇУРТ-ЙĔРЕ ШУТА ИЛЕКЕН ТАТА ВАЛЕÇЕКЕН ПАЙĔ.

## РЕДАКЦИН ОБЩЕСТВĂЛЛА ПРИЕМНĂЙĔНЧЕ

Çитес эрнере — январĕн 30-мĕшĕнче, ытларикун, редакцин йышăну пӳлĕмĕнче граждансене агропром комплексĕнче ĕçлекенсен профсоюз обкомĕн финанс пайĕн заведующийĕ Леонид Сергеевич Портнов йышăнать.

Приемнăй Пичет çуртĕнче вырнаçнă, 10 сехетрен пуçласа 13 сехетчен ĕçлет.

Унăн адресĕ: 428019, г. Чебоксары, проспект Ивана Яковлева, 13, Дом печати, 1 этаж, комната 112. Приемнăй телефонĕ — 21-22-94.

Редактор А. П. КАЗАНОВ.

ПИРĔН АДРЕС: 428019, г. ЧЕБОКСАРЫ, пр. ИВАНА ЯКОВЛЕВА, 13. ДОМ ПЕЧАТИ, III ЭТАЖ.

ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор — 21-00-67; редактор заместителĕсем — 21-04-17 тата 21-20-07; ответлă секретарь — 21-04-26; секретариат — 25-13-01; парти пурнăç пайĕ — 21-08-61 тата 25-13-24; идеологи пайĕ — 21-03-54 тата 25-13-18; промышленность, строительство тата транспорт пайĕ — 21-33-64, 25-13-04 тата 25-13-81; агропромышленность пайĕ — 21-08-62, 25-13-10, 23-13-05; советсен ĕçĕпе социаллă пурнăç пайĕ — 21-03-04 тата 25-13-06; культура пайĕ — 21-08-56 тата 25-13-02; çырусемпе обществăлла корреспондентсен пайĕ — 21-05-21, 25-13-07 тата 29-76-22; информаципе спорт пайĕ — 21-22-31 тата 25-13-09; фотокорреспондент — 21-45-94; хамăр корреспондентсем — 3-24-91 (Канаш), 2-10-54 (Елчĕк), 4-34 (Етĕрне) тата 2-26-30 (Сĕнтĕрвăрри); издательство директорĕ — 21-00-23; пĕлтерӳсен пайĕ — 21-14-89 тата 29-76-89; «Вестник недели» редакцийĕ — 21-04-39; бухгалтери — 21-45-86; Чăваш АССР Журналистсен союзĕн правленийĕ — 25-13-83; хаçатăн обществăлла приемнăйĕ — 21-22-94.

Хаçат тунтикунсăр пуçне куллен тухать.

НТ 31347. Индекс газеты — 54800. Типография издательства Чувашского обкома КПСС, г. Чебоксары, пр. Ивана Яковлева, 13. Высокая печать, объем 2 печ. листа. Тираж 72.000 экз. Заказ № 453.